ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Март 20 ЭРНЕКУН № 58 (8967)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

**Паянхи номерте:**

СССР ВЕРХОВНĂЙ СОВЕЧĔН ТĂВАТТĂМĔШ СЕССИЙĔ ЙЫШĂННĂ ЗАКОНСЕМПЕ РЕШЕНИСЕНЕ ÇĔРШЫВРИ ĔÇÇЫННИСЕМ ПУРТЕ МУХТАÇÇĔ (1 стр.).
Сталин ĕçĕ шанчăклă алăра (1 стр.).
**И. В. Сталина асăнса** (3 стр.).
**Клемент Готвальд** (3 стр.).
Чехословаки халăхĕ хăйĕн çулпуçĕпе сывпуллашать (3 стр.).
Чехословаки Республикин Президенчĕ тата Чехословакири Коммунистсен партийĕн Председателĕ Клемент Готвальд вилнĕ пирки Совет Союзĕнчи партипе обществăллă организацисем, государствăпа культура учрежденийĕсем хурланса пĕлтерни (3 стр.).
Сталинла пĕрлĕх—пирĕн вăй (**В. Панова статьи**) (2 стр.).
Тăван сăмах (**А. Артемьев новелли**) (2—3 стр.).
Монтевидеори хурлăхлă митинг (4 стр.).
Болгарире наукăпа техника работникĕсен союзĕн иккĕмĕш съезчĕ уçăлнă (4 стр.).
Корейăри ĕçсем (4 стр.).
ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ (4 стр.).
Египетри лару-тăру (4 стр.).

## Пур колхозсене те малалла çĕклесе чечеклентерсе пырар

Колхоз стройĕ çĕнтернипе пула, социализмлă хăватлă промышленность вăйлăн пулăшса тăнипе пула пирĕн çĕршыври ялхуçалăхĕ пысăк утăмсемпе малалла утать, çулсеренех çĕнĕрен те çĕнĕ çитĕнӳсем тăвать. Сталин юлташ кăтартса панă тăрăх ĕçлесе, вăл хушнисене пурнăçласа, Коммунистсен партийĕ пирĕн çĕршывăн ялхуçалăхне чи шултра социализмла ялхуçалăхĕ, машинăсемпе чи пуян хуçалăх, чи культурăллă та квалификациллĕ хуçалăх туса хурассишĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешрĕ. Çак кĕрешӳ хăйĕн результачĕсене пачĕ. Иртнĕ çулта пирĕн колхозсемпе совхозсем сакăр миллиард пăт ытла тĕштырă туса илчĕç.

Социализмла ялхуçалăхне малалла та вăйлăн аталантарса пыма мĕн кирли пирĕн пурте пур. Совет государствипе Коммунистсен партийĕ ялхуçалăхне çĕклесе аталантарас тесе куллен тăрăшаççĕ. Тăван çĕршывăн хăватлă промышленноçĕ ялхуçалăхне çулсерен нумайрах та нумайрах çĕнĕ машинăсем, удобренисем парса тăрать. Артельсене пĕрлешнĕ ĕçхресченĕсем колхозла ялхуçалăхне вăйлатса тата тĕреклетсе пырассишĕн вăйхăвата шеллемесĕр ĕçлеççĕ.

Çапах та май пурри вăл чăн пуррине пĕлтермест-ха. Çавăнпа та колхозла ялхуçалăхне малалла аталантарса пырас тĕлĕшпе пирĕн умра пысăк задачăсем тăраççĕ. Совет çĕршывĕ тата пĕтĕм прогрессивлă этемлĕх хурлăхлă кунсене тӳссе ирттернĕ вăхăтра, пирĕнтен ĕмĕрлĕхе уйрăлса кайнă аслă И. В. Сталин умĕнче тупа туса, унăн çывăх соратникĕ СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ, КПСС Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ:

**«Пирĕн чи таса тивĕç—социализмла Тăван çĕршыва малалла чечеклентерсе пырасси пулать. Пирĕн социализмла промышленноçа, камăр çĕршывăн хăвачĕпе çирĕплĕхĕн тĕревне, пур майсемпе те аталантарса пымалла. Пирĕн колхоз стройне пур майсемпе те тĕреклетсе пымалла, совет çĕршывĕнчи пур колхозсене те малалла çĕклесе чечеклентерсе пымалла, рабочи класпа колхоз хресченĕсен союзне çирĕплетмелле».**

Пур колхозсене те малалла çĕклесе чечеклентерсе пырас тата колхоз стройне тĕреклетес тĕлĕшри тĕп задачăсене пирĕн партин XIX-мĕш съезчĕ уççăн палăртса пачĕ. Ялти партипе совет работникĕсем, ялхуçалăх специалисчĕсем умĕнче тăракан пысăк задача вăл—ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри йăнăшсемпе çитменлĕхсене йăлтах пĕтересси пулать.

Чи малтанах, колхозсен производствари тĕп задачисем çинчен манмалла мар, производство задачисене пăхăнса тăракан потребительле задачăсене, колхозсенче йăлана йĕркелес тĕлĕшпе тăракан задачăсене малти вырăна кăларса тăратмалла мар. Йăла тĕлĕшпе тăракан задачăсем пысăк пĕлтерĕшлĕ пулин те, вĕсем тĕп задачăсем пулма пултараймаççĕ, вĕсем тĕп задачăна пăхăнса тăраççĕ, унтан тухса тăраççĕ, вĕсене вăйлăн аталаннă обществăллă производство никĕсĕ çинче кăна ăнăçлăн татса пама пулать. Çавăнпа та парти, совет тата ялхуçалăх органĕсем колхозсен тĕп вăйĕ пулса тăракан обществăллă хуçалăха çирĕплетес тата аталантарас тесе куллен тăрăшма тивĕç, çапла майпа пĕтĕм колхоз производствин таварлăхне, тупăшне ӳстерсе пымалла, колхозниксен пурнăçĕпе йăлине лайăхлатмалла.

Колхозсен тĕп задачи малашне те—тырпул тухăçлăхне ӳстересси, выльăхчĕрлĕх йышне нумайлатнипе пĕрлех унăн тухăçлăхне хăпартасси пулать, тесе кăтартса хăварчĕ партин XIX-мĕш съезчĕ. Çак задачăна ăнăçлă татса парас тесен, уй-хир ĕçĕсен пахалăхне ӳстермелле, хирти ĕçсене туса ирттермелли срокĕсене кĕскетмелле, тракторсемпе тата ялхуçалăх машинисемпе усă курассине лайăхлатмалла, çĕрĕçĕнчи тĕп ĕçсене механизацилесе çитермелле, пусă çаврăнăшĕсене йĕркелесе çитермелле, вăрлăх туса илес ĕçе лайăхлатмалла, удобренисемпе ытларах усă курмалла.

Çакна вара чылай колхозсенче пурнăçа кĕртсе пыман. Вĕсем кирпĕч, черепица тата промышленноçăн ытти япалисене туса кăларакан хушма предприятисем уçма тăрăшса, хăйсен тĕп задачине манса кайнă. Кунта, сăмах майăн, Октябрьски районĕнчи «Звезда» колхоза аса илмелле. Унта кирпĕч тăвас ĕçпе ытлашши хытă интересленнĕ вăхăтрах тырпул тухăçлăхне ӳстерес ĕнĕпе чылай ĕçсене вăхăтра тумаççĕ. Çак йăнăша парти сивлерĕ, колхоза тĕрĕс çул кăтартса пачĕ, вăл çул: колхозсен пĕтĕм вăйне нумай енлĕ ялхуçалăх производствине малалла аталантарса пырасси, тĕштырă, пахча çимĕçсем, йĕтĕн, аш-какай, сĕт çу, çăмарта, çăм, улма-çырла тата ыттине те ытларах та ытларах туса илесси пулать. Çак çулпа кайсан кăна эпир пур колхозсене те малалла çĕклесе чечеклентерсе пыма пултаратпăр.

Паллă ĕнтĕ, колхоз пурнăçĕн тĕп законĕ вăл—ялхуçалăх артелĕн сталинла Уставĕ пулса тăрать. Анчах çав закона пăснине кăтартакан тĕслĕхсем пирĕн колхозсенче халиччен те пур-ха. Редакцине килекен çырусенчен çавăн пек тĕслĕхсем Чурачăк, Красноармейски, Калинино тата ытти районсенче чылай пурри курăнать. Пур колхозсене те малалла çĕклесе чечеклентерсе пырас тени вăл колхоза хирĕçле, государствăна хирĕçле çавăн пек ĕçсене татăклăнах пĕтерес тенине пĕлтерет. Ялхуçалăх артелĕн Уставне пăснисем нихăш колхозра та пулмалла мар тăвасси—партипе совет тата çĕрĕç органĕсен, колхоз правленийĕсен чи кирлĕ тивĕçĕ.

Колхозсенчи ĕçе организацилес ыйтусем халĕ артельсене организацине хуçалăх тĕлĕшĕнчен тĕреклетес ĕçре уйрăмах пысăк вырăн йышăнаççĕ. Уй-хир ĕçĕсене вăхăтра туса пырасси, выльăх-чĕрлĕх фермисене вăйлатса пырасси шăпах ĕнтĕ колхозниксене ĕçе тĕрĕс вырнаçтарса тухнинчен, вĕсен ĕçне пĕлсе ертсе пынинчен, уй-хир бригадисене тĕрĕс организацилесе вĕсене çирĕплетсе пынинчен килет. Апла пулин те, партипе совет тата ялхуçалăх органĕсем чылайăшĕ колхозсенче ĕçе организацилес ыйтусемпе интересленмеççĕ, нумай колхозсенче производствăллă бригадăсен йышĕ час-часах улшăнса тăрать, ĕç хатĕрĕсене бригадăсем çумне çирĕплетмеççĕ, гупăшсене валеçнĕ чухне уравниловкăна тĕппипех пĕтермеççĕ. Çак пысăк çитменлĕхсем колхозсене вăйлатса пыма хытă чăрмантараççĕ. Партипе совет тата ялхуçалăх органĕсен колхозсенче ĕçе тĕрĕс организацилессине лайăхлатас тесе куллен тăрăшмалла.

Çакă вара ялхуçалăхне шаблонпа, кивĕ йăласемпе, «хăнăхнă меслетсемпе» ертсе пырассине татăклăнах пĕтерме хушать. Кашни колхоза конкретлăн, унăн лайăх енĕсемпе çитменлĕхĕсене пĕлсе ертсе пырас пулать, ăна кирлĕ чухне конкретлă пулăшу парас пулать. Колхозсенче ĕçсем мĕнле пынине вăтам показательсем тăрăх хаклама пăрахас пулать. Малта пыракан колхозсен лайăх тĕслĕхĕсем хыçĕнче вĕсен çитменлĕхĕсене курманни, çавăн пекех тата юлса пыракан колхозсен «начар тĕслĕхĕсем» хыçĕнче вĕсен лайăх майĕсене курманни—пысăк йăнăш тунипулĕччĕ. Парти райкомĕпе райисполкомăн харпăр хăй районĕнчи кашни колхозăн экономикине тĕплĕн пĕлсе тăмалла.

Социализмла ялхуçалăхĕ наука çитĕнĕвĕсен тата малта пыракан опытăн никĕсĕ çинче аталанса пыма тивĕçлĕ. Мичуринла ялхуçалăх науки пирĕн колхозсемпе МТС-сем валли тырпул тухăçлăхне ӳстермелли тата ялхуçалăхне çĕклемелли çĕнĕ те çĕнĕ майсем тупса кăтартса парать. Пирĕн малта пыракан колхозсем, МТС-сем нумай, ялхуçалăхĕнче малта пыракан çынсем çĕршерĕн те пиншерĕн шутланаççĕ, вĕсем çĕнĕ меслетсемпе ĕçлесе пысăк çитĕнӳсем тăваççĕ. Анчах наука çитĕнĕвĕсене колхозсенче ĕçе кĕртсе пырас, малта пыракан опыта пропагандăлас, вăл опытпа колхоз производствинче усă курас тĕлĕшпе эпир çителĕксĕр ĕçлетпĕр-ха. Хамăр республикăри малта пыракан колхозсемпе малта пыракан çынсен опытне тĕплĕн тĕпчесе вĕренместпĕр, вăл опыта ытти колхозсенче сарас тĕлĕшпе çителĕклĕ тăрăшмастпăр. Вăл çеç те мар, хăшпĕр юлташсем малта пыракан колхозсен опытне сарас ыйту çине пачах та тĕрĕс мар пăхаççĕ. Вăрнар районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан пуриншĕн те паллă колхоз опытне вĕренсе унпа ытти колхозсенче усă курмалла тăвас вырăнне республикăри Ялхуçалăх министерствинчи тата Вăрнар райисполкомĕнчи хăшпĕр ертсе пыракан работниксем çав колхоз ытти колхозсемшĕн «типичнă мар» тесе сӳпĕлтетнисем пулнă, çакна ăна политикăлла айванлăх тесе кăна хаклама пулать. Пур колхозсене те малалла çĕклесе чечеклентерсе пырас тесен, юлса пыракан колхозсене малтисем таран ӳстермелле, ялхуçалăхĕнче çĕнни, лайăххи мĕн пур, çавна пур колхозсене те сармалла. Ку тĕлĕшпе вара районсенчи хаçатсемпе стена хаçачĕсем умĕнче уйрăмах пысăк задачăсем тăраççĕ.

Хăйĕн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă чаплă ĕçĕнче аслă Сталин ялхуçалăхне коммунизм патне илсе пымалли тĕп çул-йĕре уççăн кăтартса пачĕ. Çак çул вăл—колхозла харпăрлăха пĕтĕм халăх харпăрлăхĕ таран çĕклесси пулать. Çулпуç кăтартса хăварнине пурнăça кĕртме пирĕн колхозсемпе совхозсем тырпул тата ялхуçалăхĕн ытти продукцине ытлашшипех туса илни, тырпулпа выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне пур майсемпе те вĕçĕмсĕр ӳстерсе пыни кирлĕ. Çакă пулать те ĕнтĕ партипе совет тата ялхуçалăх органĕсен, мĕнпур колхозниксемпе колхозницăсен чи кирлĕ те чи хисеплĕ тивĕçĕ.

## СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕ йышăннă законсемпе решенисене çĕршыври ĕççыннисем пурте ырлаççĕ

### Мускаври ĕççыннисем пурте пĕр шухăшлă

Мускаври предприятисенче, стройкăсенче, учрежденисенче пур çĕрте те СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕ йышăннă законсемпе постановленисене вуласа сӳтсе яваççĕ. Мускаври ĕççыннисем пурте пĕр шухăшлă пулса сесси решенийĕсене тата Коммунистсен партийĕпе Совет правительствин ăслă политикине ырлаççĕ. Мускаври ĕççыннисем сесси решенийĕсем çине производствăра çĕнĕ çитĕнӳсем тунипе ответлеççĕ.

СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕн материалĕсене вуланă хыççăн Краснохолмски комбинатри ткачиха А. Гудкова çапла каланă:

— Эпир, комбинатри работницăсем, пĕтĕм совет халăхĕпе пĕрле, Коммунистсен партийĕпе хамăрăн тăван Совет правительствине вĕçĕмсĕр шанса тăратпăр. Сталин ученикĕсемпе шанчăклă соратникĕсем ертсе пынипе пирĕн çĕршыв коммунизмăн тулли çĕнтерĕвĕ патне çитĕ.

Комбинатри ткачихăсем, çип арлакансем тата ытти рабочисемпе работницăсем пурте çак кунсенче пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Мартăн пĕрремĕш çур уйăхĕнче планран ирттерсе 15.000 метр пир-авăр тĕртнĕ, пĕрремĕш сортлă продукци 94,1 процент туса кăларнă. Пĕрремĕш сортлă продукци çакăн пек нумай туса кăларни комбинатра халиччен пулман.

— СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕ йышăннă законсемпе постановленисене пĕтĕм халăх ырлать,—тесе каланă «Фрезер» заводри токарь Комин.—Эпир Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçетпĕр, хамăрăн ĕçпе Тăван çĕршыв вăй-хăватне ӳстерсе пыратпăр. Эпĕ сменăри нормăна виçĕ хутран кая мар ирттерсе тултарма пулатăп.

Стахановец хăйĕн сăмахне чыслăн пурнăçласа пырать.

Маленков ячĕпе тăракан завод коллективĕ çак кунсенче пысăк хастарлăхпа ĕçлет. Мартăн 17-мĕшĕнче предприятин хатĕр япаласене йышăнакан складне пăспа шыв арматури пырса тăма тытăннă, çав арматурăна «Сталинградгидрострой» валли иккĕмĕш квартал шучĕпе туса кăларнă.

Государствăн Мускаври М. В. Ломоносов ячĕпе тăракан университечĕн факультечĕсемпе студентсен общежитийĕсенче мартăн 17-мĕшĕнче СССР Верховнăй Совечĕ йышăннă решенисем çинчен каласусем ирттернĕ. Студентсем совет халăхĕ партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви ертсе пынипе коммунизмăн чаплă çĕнтерĕвĕ патне çитессине шанса тăни çинчен каланă.

Яблочков ячĕпе тăракан заводра, инструментсем тăвакан заводра, Петр Алексеев ячĕпе тăракан фабрикăра, Артамонов ячĕпе тăракан трамвай деповĕнче, Мускаври тата ытти предприятисенче те СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕ йышăннă решенисем çинчен каласусем ирттернĕ. (ТАСС).

### Сталин ĕçĕ шанчăклă алăра

КИЕВ, мартăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Украинăри предприятисемпе учрежденисенче, колхозсенче, совхозсенче тата МТС-сенче пиншер агитатор рабочисемпе колхозниксене тата служащисене СССР Верховнăй Совечĕ йышăннă историллĕ документсемпе паллаштараççĕ. Çĕршыври влаçăн аслă органĕ йышăннă решенисене республикăри ĕççыннисем хĕрӳллĕн ырлаççĕ. Вĕсем хамăр çĕршывра коммунизм тăвас тĕлĕшпе пысăк хăватпа ĕçлесе пыма пулаççĕ.

Киеври «Большевик» завод цехĕсенчен пĕринче пулнă каласура Некрутенко токарь çапла каланă:

— Пирĕн халăх хăйĕн вăйĕсем çине çирĕп шанса тăрать. Аслă Сталин ĕçĕ шанчăклă алăра. Аслă çулпуçăн шанчăклă ученикĕсемпе соратникĕсем шалти ĕçре те тата тулашри политикăра та Сталин кăтартса панисене яланах çирĕппĕн пурнăçласа пымалла тăвĕç. Эпир партин Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçĕпĕр.

Горький ячĕпе тăракан заводри рабочисем пысăк тухăçлăхпа ĕçлекен станок-автоматсем туса хатĕрлеççĕ. Предприяти коллективĕ сталинла пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарассишĕн ăмăртса ĕçлет.

СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕн решенийĕсем çинчен каласнă вăхăтра Черкассы районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхозри бригадир Быченко юлташ çапла каланă:

— Аслă Сталин пурăннă чухнех пирĕн партипе правительство хатĕрлесе пынă мерăсене эпир пĕтĕмпех ырлатпăр. Çав мерăсем халĕ ĕнтĕ закон вăйне илчĕç. Вĕсем халăхăн тĕп интересĕсемпе килĕшсе тăраççĕ.

Украинăри ялхуçалăхĕнче ĕçлекенсем ялхуçалăх культурисене пысăк тухăçлă туса илме, çĕршыва тырă, пахча çимĕçсем, аш-какай, сĕт, çăм ытларах пама пулаççĕ.

ЧОБРУЧИ (Молдаван ССР-ĕ), мартăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Ленин ячĕпе тăракан колхоз çĕрĕсем Днестр хĕрринче вуншар километр сарăлса выртаççĕ. Колхозăн пин гектар ытла сад пур. Унăн çулталăкри тупăшĕ 16 миллионран иртнĕ. Колхозниксем пуян та культурăллă пурăнаççĕ, кашни ĕçкунĕ пуçне 4 килограмм тырă, улма-çырлапа пахча çимĕçсем тата вуншар тенкĕ укça валеççе панă.

Паян колхозри пур бригадăсенче те агитаторсем СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕн материалĕсене вуласа панă. Колхозниксем сесси решенийĕсене ырлаççĕ, Коммунистсен партийĕпе унăн Центральнăй Комитетне, Совет правительствине вĕçĕмсĕр шанса тăни çинчен калаççĕ.

### Сесси решенийĕсене чĕререн ырлаççĕ

Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем СССР Верховнăй Совет сессийĕн решенийĕсене чунтан-чĕререн ырласа кĕтсе илчĕç. Агитаторсем рабочисем хушшинче СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕ çинчен каласусем ирттереççĕ. Вĕсен витĕмлĕ сăмахĕ рабочисене çĕнĕ çитĕнӳсем тума хавхалантарать, ĕçлес кăмăла ӳстерет.

Заводри ватă производственник Н. Кириллов юлташ агитатор каласăвне итленĕ хыççăн çапла каларĕ:

— СССР Верховнăй Совечĕ мартăн 15-мĕшĕнче пулнă сессийĕнче депутатсем, пурте пĕр шухăшлă пулса, çĕршыв пурнăçне пĕр чăрмавсăр тата тĕрĕс ертсе пыма май паракан решенисем йышăнчĕç. СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ совет халăхĕ хăйĕн тăван Коммунистсен партине вĕçĕмсĕр шанса тăнине, хĕрӳллĕн юратнине тата тепĕр хут кăтартса пачĕ. Эпĕ, сесси йышăннă решенисемпе хавхаланса, тата хастарлăрах ĕçлеме, ĕç тухăçлăхне чылай ӳстерме пулатăп,—терĕ.

Кириллов юлташ çамрăк рабочисене тата лайăхрах ĕçлеме, стахановла ĕçпе Тăван çĕршыв вăй-хăватне тĕреклетме чĕнчĕ.

В. Никитина намотчица—заводри паллă стахановкăсенчен пĕри. Ун çинчен пур рабочисем те ăшă кăмăлпа аса илеççĕ. Никитина юлташ февраль уйăхĕнчи производство планне 191 процент тултарнă. Сесси йышăннă решенисемпе хавхаланса, стахановка çĕнĕ обязательствăсем илчĕ.

— Совет халăхĕ,—терĕ вăл,—хăйĕн пысăк вăйĕ çине çирĕппĕн шанса тăрса, коммунизм строительствин аслă ĕçне туса пырать. Сесси йышăннă решенисем пирĕн Тăван çĕршыва тата ытларах чечеклентерме, унăн вăй-хăватне ӳстерме пулăшĕç. Эпĕ март уйăхĕнчи производство планне 200 процентран кая мар тултарма сăмах паратăп.

В. Маврушин накладчик çапла каларĕ:

— Эпĕ совет саманинче çуралса ӳснĕ. Пурнăç кунтан-кун лайăхланса пырать. Эпир, рабочисем, çакна шанса тăратпăр: Совет Правительствин çĕнĕ составĕ пирĕн çĕршыва, Ленинпа Сталин вĕрентнĕ пек, коммунизм тумалли çулпа çирĕппĕн ертсе пырĕ. Эпир Тăван çĕршыв Правительствин çĕнĕ составне пĕтĕм чĕререн саламлатпăр.

Пирĕн хăватлă Тăван çĕршыв çĕнĕ çитĕнӳсем патне малалла пырать. Вăл пĕтĕм тĕнчипе çирĕп мир тăвассишĕн кĕрешет. Халăх интересĕсемшĕн тăрăшса ĕçлесси партин мĕнпур ĕçĕнче чи аслă закон пулса тăрать. Заводри рабочисем, инженерсемпе техниксем çакна лайăх ăнланаççĕ. Партипе правительство хăйсемшĕн тăрăшни çине ответлесе, вĕсем тата хастарлăрах ĕçлеме, паха продукци туса кăларма, март уйăхĕнчи плана срокчен ирттерсе тултарма сăмах параççĕ.

### Аслă Сталина нихçан та манас çук

ИШЛЕЙ. Районти ĕççыннисем аслă çулпуçăн, туспа учителĕн Иосиф Виссарионович Сталинăн ятне хисеплесе асăнаççĕ. Мускавра И. В. Сталина пытарнă кун Хĕрлĕ площадьре Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсене пичетленĕ хаçатсене илнĕ хыççăнах Молотов ячĕпе тăракан колхозри агитаторсем колхозниксене вуласа пама, каласусем ирттерме тытăнчĕç. Колхозниксем Коммунистсен партийĕпе Совет правительствине вĕçĕмсĕр юратса шанса тăнине палăртаççĕ.

Пĕрремĕш бригадăра А. Павлов коммунист вуласа пачĕ. Г. М. Маленков юлташ сăмахне вуланă хыççăн ватă колхозник Егоров çапла каларĕ:

— Сталин юлташ вилни пирĕншĕн калама çук пысăк хурлăх. Сталин атте пирĕнтен ĕмĕрлĕхех уйрăлса кайрĕ. Анчах эпир пуçа усса лармастпăр. Тăван çĕршыв вăй-хăватне ӳстерессишĕн ырмиканми ĕçлĕпĕр. Пире Коммунистсен партийĕ, Аслă Сталинăн шанчăклă соратникĕсем ертсе пыраççĕ, эпир Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе Совет правительстви тавра çирĕп пĕтĕçĕпĕр.

Колхозниксем Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсене тата СССР Верховнăй Совечĕн сессийĕ йышăннă законсемпе постановленисене чĕререн ырлаççĕ.

**А. ЕГОРОВ.**

### Колхозниксен сăмахĕ

ÇĔРПУ. Халăхсен аслă çулпуçĕпе учительне И. В. Сталин юлташа пытарнă чухне Хĕрлĕ площадьре Г. Маленков, Л. Берия тата В. Молотов юлташсем тупа туса каланă сăмахсене районти ялĕçченĕсем ĕç программи вырăнне хурса йышăнчĕç. Çĕршер агитатор халĕ Сталин юлташăн çывăх соратникĕсен сăмахĕсене колхозниксене ăнлантарса параççĕ.

— Тăван учитель И. В. Сталин пирĕнтен ĕмĕрлĕхех уйрăлчĕ. Анчах унăн ĕçĕ нихçан та вилес çук. Унăн генилле ĕçĕсем пире коммунизмăн телейлĕ пуласлăхне хăвăртрах çывхартма хавхалантараççĕ,—теççĕ «Победа» колхоз членĕсем.

Колхозниксем çак кунсенче уйрăмах пысăк çĕкленӳпе ĕçлеççĕ. Çураки валли пур вăрлăхсене те тасатса çитерчĕç. Кĕртыррисем акнă вырăна талкăшĕпех юр тытнă. Хире тислĕк кăларас, ытти удобренисем хатĕрлес ĕçе чылай колхозниксем хутшăнаççĕ. Юлашки вăхăтра кăна уя 1.000 лав ытла тислĕк кăларчĕç, 36 центнер кайăк-кĕшĕк тислĕкĕ, 47 центнер кĕл пухрĕç, 985 центнер минераллă удобренисем кӳрсе килчĕç.

**Х. ЛИСИН.**
**В. АЛЕКСЕЕВ.**

### „Агитатор блокночĕн" черетлĕ номерĕ

КПСС Чăваш обкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕ кăларакан «Агитатор блокночĕн» черетлĕ, 6—7-мĕш номерĕ пичетленсе тухрĕ.

Номерте Ленин соратникĕ тата унăн ĕçне генилле малалла туса пыракан, Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕн асларан та аслă çулпуçĕпе учителĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилнĕ май Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕнчен, ССР Союзĕн Министрĕсен Советĕнчен тата СССР Верховнăй Совет Президиумĕнчен партин мĕнпур членĕсене тата Совет Союзĕнчи мĕнпур ĕççыннисене чĕнсе калани, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн, СССР Верховнăй Совет Президиумĕн, пĕрлехи ларăвĕ йышăннă постановлени, кăçалхи мартăн 9-мĕшĕнче Мускавра Хĕрлĕ площадьре Иосиф Виссарионович Сталина пытарнă чухне пулнă хурлăхлă митингра ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ Г. М. Маленков юлташ, ССР Союзĕн Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕрремĕш заместителĕсем Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем каланă сăмахсем пичетленнĕ.

Кунсăр пуçне КПСС Чăваш обкомĕпе Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ тата Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне, ССР Союзĕн Министрĕсен Советне, СССР Верховнăй Совет Президиумне янă çыру тата «Правда» хаçатăн кăçалхи мартăн 11-мĕшĕнче тухнă «Ленинпа Сталинăн аслă ĕçĕшĕн кĕрешсе çĕнĕ çитĕнӳсем тăвар» ятлă умстатьи пичетленнĕ.



СССР Верховнăй Совечĕн тăваттăмĕш сессийĕ. Ӳкерчĕк çинче: ларусен залĕнче.
В. ЕГОРОВПА В. САВОСТЬЯНОВ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

# Сталинла пĕрлĕх—пирĕн вăй

Хурлăх питех те пысăк, вăл кашни пӳрте, çĕршывăн пур кĕтессисене те çитрĕ. Халăх Иосиф Виссарионович Сталина юлашки çула ăсатрĕ.

Эпир ăна таса кăмăлпа çулпуç, учитель, тус тетпĕр. Унăн ячĕ—пирĕн ялав, пирĕн чыс. Унпа ĕмĕрлĕхех сывпуллашрĕ Тăван çĕршыв.

Вăл, Ленин пекех, историри чи аслă çын.

Эпир пĕлетпĕр: питĕ пысăк хурлăха çĕр çинчи простой çынсем пурте пирĕн пекех йывăррăн тӳссе ирттереççĕ. Сталин мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисен ашшĕ пулнă. Вăл атте пек тăрăшнă çынсен чи лайăх ĕçне, творчествăллă шухăшне, вĕсен ĕçне тата коммунизмшăн кĕрешнине ăшăтса тăрать.

Сĕтел çинче Сталин кĕнекисем выртаççĕ. Вĕсене вуласа эпир пурăнма вĕренетпĕр. Портретсем çинче çулпуçăн чĕрĕ те хаклă сăнне куратпăр. Мухтавлăн та чаплăн курăнать Мускав, сталинла Мускав, пирĕн аслă Тăван çĕршывăн столици тата мир тĕрекĕпе шанчăкĕ.

Сталина эпир вĕçĕ-хĕррисĕр ĕненнĕ тата юратнă. Эпир хамăр шухăшсене Сталин шухăшĕсемпе танлаштарса тĕрĕслетпĕр,—вăл шухăшсем унăн сочиненийĕсенче ĕмĕрлĕхех юлнă. Пирĕнтен кашниншĕнех чи пысăк телей, чи пысăк парне вăл Сталин юлташ пирĕн ĕçе ырлани пулнă. Нумай çулсем хушши çакăн пек пулнă миллионшар ĕççыннисен пурнăçĕ. Эпир пурăнакан самана Сталин ячĕпе ĕмĕр-ĕмĕрех палăрса тăрать.

Вăл парса хăварнă заданисем тăрăх тумалли ĕçсене нумай çынсем туса пĕтермен-ха. Почтăпа ун патне халĕ те çырусем нумай килеççĕ-ха. Ăна пирĕн татах нумай каласа кăтартас килнĕ тата хăйĕнчен питĕ нумай илтес килнĕ. Уйрăлу вăхăчĕ хĕрхенӳсĕр, вăл тĕнчери чи аслă çыннине те хĕрхенсе тăмасть!

«Вилчĕ» тенĕ сăмаха, çавăн пек Сталин çинчен каланине ниепле те ăнланма çук! Этем хурлăхĕ чун-чĕрене касса ыраттарать!

Вилсе кайрĕ? Ман тантăшсем Ленин вилнине астăваççĕ. Ун чухнехи кунсем йывăр кунсем, кĕççуль юхтарнă кунсем пулчĕç.

Ленин вилсе кайнăранпа вăтăрмĕш çул пырать; эпир, пурăнакансем пурте,—çав çулсенче Ленин пирĕнпе пурăннине курнă. Вăл пире ĕçре тата паттăр ĕçсем тума хавхалантарса пычĕ. Унăн аслă тусĕ, унăн ĕçне малалла туса пыраканĕ Сталин Ленин ялавне çӳлте тытса пычĕ.

Халĕ те Ленинпа Сталин пирĕнпе.

Пирĕнпе вĕсем хушса хăварнисем, вĕсен вĕрентĕвĕ, вĕсен традицийĕсем, вĕсем туса çирĕплетнĕ хăватлă партиИ пурăнаççĕ. Парти пире Ленинпа Сталин кăтартса панă кĕрешӳпе çĕнтерӳсен çулĕпе ертсе пырать.

Вилĕмсĕрлĕх пур. Пĕлĕт çинче мар—çĕр çинче. Аслă ĕçсен вилĕмсĕрлĕхĕ пур, çав ĕçсем этемлĕхĕн пурнăçне илемлĕ те телейлĕ тума каяççĕ. Ильича хурланса асăннă Пĕтĕм Союзри Советсен иккĕмĕш съездĕн трибуни çинчен Сталин юлташ тупа туса калани пĕтĕм тĕнчере янраса тăнă чухне пирĕн çамрăк çĕршыв питĕ чухăн пулнă, паянхи кунсенчен эпир аякра тăнă.

Парти ячĕпе Сталин юлташ мĕнпур халăх умĕнче аслă тупа турĕ. Вăл тупа туса каланине пурнăçа кĕртнĕ ĕнтĕ. Иртнĕ çулсенче пирĕн халăх малалла кайса, çӳлелле хăпарса пынă. Çул малалла тăсăлать, тем пек пысăк хурлăх та, тем пек йывăр çухату та çав çула пӳлсе лартма пултараймаççĕ.

Хурлăх! Анчах эпир хурлăх пулнă вăхăтра та ĕçлеме чарăнмастпăр, хамăра пĕр минутлăха та çемçелсе кайма памастпăр. Çавăн пек пулма пире Сталин юлташ вĕрентнĕ. Вăл пирĕнтен кашнинех хăйĕн пĕтĕм хавхаланулла та малалла çирĕппĕн кайса пыракан пурнăçĕпе аслăран та аслă тĕллевшĕн—коммунизмлă общество тăвассишĕн пурăнма вĕрентнĕ. Çак кунсенче çынсем хастарлăха ик-виçĕ хут ӳстерсе ĕçлеççĕ. Пирĕн социализмла çĕршывра ĕç мĕне пĕлтерни çинчен Сталин каланă сăмахсене çынсем нихçан та манас çук. Халăх вăйĕ—ĕçре тата пĕрлĕхлĕ пулнинче; хурлăха, тăшмана, вилĕме ĕçпе тата пĕрлĕхпе çĕнтереççĕ. Çавна çынсем аван пĕлеççĕ. Çынсен аллисем, çынсен ăсĕ тунă ырă ĕçсем вилĕмсĕр.

Ленин вилĕмсĕр. Сталин вилĕмсĕр. Коммунистсен аслă партийĕ туса пыракан вĕсен ĕçĕ вилĕмсĕр.

Пирĕн партире Ленинпа Сталинăн вĕрентĕвĕ тата ĕçĕсем пурăнаççĕ. Эпир Коммунистсен партине Ленинпа Сталина ĕненнĕ пекех парăнса тăрса вĕçĕ-хĕррисĕр ĕненетпĕр. Эпир яланах парти хыççăн пынă, малашне те унпа пĕрле пыратпăр, унăн ялавĕ айĕнче çĕнĕ те çĕнĕ çĕнтерӳсем туса пырăпăр. Мĕншĕн тесен Ленинпа Сталин ĕçĕ никам çĕнтерейми хăватлă.

**В. ПАНОВА,**
Сталинла преми лауреачĕ.

## Вăл вилĕмсĕр

Нихçан шухăшлама хăймам çĕртен
Чи йывăр хурлăх пусрĕ халăха.
Аттемĕр Сталин уйрăлчĕ пиртен,
Халь пурте, пурте юлнă тăлăха...

Юратнă Сталин! Сутă хĕвелле
Сунса сутатрăн эс мĕнпур çĕре.
Эс—пирĕн сывлăш, пурнăç, телей,
Эс çитĕнтертĕн паттăррăн пире.

Эс усрăн аслă çĕнтерӳ çулне,
Тăшмансене çапса сирпĕ-сирпĕ.
Епле-ха, енене эс сукнине?
Эс чĕрĕ пирĕн пурнăçра, çĕрте.

Эс вилĕмсĕр! Сан аслă ĕçусем
Çĕршыва çутатĕç ялан.
Эпир çеç мар, килес çĕн ăрусем
Тав тăвĕç, чысле аслă Сталина.

Сан ялаву чи çирĕп алăра,
Ăна эпир çĕклетпĕр çӳлерех.
Юратнă Сталин, эсĕ халăхра
Мухтавлă, чаплă пулăн ĕмĕрех.

Чечеклĕпĕр сан па хавхаланса
Тулли телейлĕ пурăнăç садне.
Эс çитĕнтернĕ партипе пире
Эпир çитетпĕр коммунизм патне!

**УЙĂП МИШШИ.**

## *И. В. Сталин вĕрентнине пурнăçлăпăр*

— И. В. Сталин идейисем коммунизм патне çитмелли çула хĕвел пек çутатса тăчĕç, халĕ те çутатса тăраççĕ. Хăйĕн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениалле произведенийĕнче Иосиф Виссарионович хамăр çĕршывра коммунизм обществи туса çитермелли программăна уççăн кăтартса пачĕ. Çак программăна пурнăçлас тесе эпир чунтан-чĕререн тăрăшса ĕçлĕпĕр. Аслă Сталинăн чи çывăх тусĕсем тата соратникĕсем каланă сăмахсем пире Тăван çĕршыв ырлăхĕшĕн тухăçлăрах ĕçлеме вăй-хăват параççĕ. Эпĕ ĕç нормине 170—175 процентран кая мар тултарса пыма сăмах паратăп,— терĕ А. Яковлев токарь хурлăхлă митингра.

— Аслă çулпуçăн соратникĕсем, унăн шанчăклă ученикĕсем пире Сталин çулĕпе малалла, коммунизм патне илсе пырĕç. Пĕтĕм совет халăхĕ Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви тавра тата тачăрах пĕтĕçет. Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе эпир коммунизм тăватпăр. Аслă Сталин хушса хăварнисене пурнăçа кĕртессишĕн ывăнма пĕлмесĕр ĕçлĕпĕр. Эпĕ ертсе пыракан бригада çулталăкри задание ноябрĕн 7-мĕшĕ тĕлне тултарма сăмах парать, — терĕ люксем юсакан слесарьсен бригадин бригадирĕ Д. Сурков юлташ.

Бригада членĕсем хăйсен сăмахне чыслăн пурнăçласа пыраççĕ. Норма тăрăх сменăра 45 люк юсаса кăлармалла. Мартăн 14-мĕшĕнче бригада 60 люк юсаса пачĕ.

Энергетиксем цехсене электроэнергипе çителĕклĕ тата татти-сыпписĕр парса тăма, топливо перекетлеме тăрăшаççĕ. Çак уйăхри икĕ эрне хушшинче электростанци 12 тонна çĕр кăмрăкĕ, 9 пин киловатт-сехет электроэнерги перекетлерĕ.

Завод коллективĕ 1953 çулхи производство планне декабрĕн 21-мĕшĕ тĕлне тултарма, ĕç тухăçлăхне тăватă процент ӳстерме, вагонсене пысăк пахалăхпа юсама пулса социализмлă обязательство йышăнчĕ.

Радио СССР Верховнăй Совечĕн ларăвĕ пулни çинчен пĕлтерчĕ. Çĕршер рабочисем сессире Г. М. Маленков, Л. П. Берия, Н. С. Хрущев юлташсем тухса калanine радио тăрăх вуласа панине итлерĕç. Рабочисем пĕр шухăш-кăмăллă пулса сесси йышăннă решенисене ырларĕç. Агитаторсемпе пропагандистсем сесси йышăннă решенисем çинчен рабочисене ăнлантарса параççĕ.

**И. МАРКОВ.**
**Канашри вагонсем юсакан завод.**

## Учительсен чи çывăх тусĕ

СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕ тата Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Секретарĕ, учительсен чи çывăх тусĕ Иосиф Виссарионович Сталин вилни пĕтĕм халăх хурлăхĕ пулса тăрать, çав хурлăх миллионшар ĕççыннисен чĕрисене çунтарса ыраттарать.

Аслă Сталин халăха çутта кăларассишĕн ырми-канми ĕçлерĕ. Пирĕн çĕршывра çулсерен çĕршер çĕнĕ шкулсем уçăлаççĕ, вĕренекенсен хисепĕ ӳсет. Сталинла Конституци панă вĕренӳ правипе усă курса, ӳссе пыракан çамрăк ăру çирĕп те тарăн пĕлӳсем туянать. Пирĕн çамрăксем Тăван çĕршывăн çулăмлă патриочĕсем пулма ӳссе çитĕнеççĕ.

Эпĕ 43 çул хушши учитель пулса ĕçлетĕп. Патша саманинче учитель тем тĕрлĕ те мăшкăл тӳснĕ. Совет саманинче кăна учитель чăн-чăн хисеп туянчĕ. Нумай çулсем хушши тата лайăх ĕçленĕшĕн эпĕ Ленин орденĕ илме тивĕçлĕ пултăм. Ĕлĕкхи вăхăтра учитель наукăллă-методикăллă ĕç çинчен шухăшлама та пултарайман. Халĕ учительсене творчество енĕпе ӳсме пур условисем те туса панă. Эпĕ çичĕ хутчен Педагогика Наукисен академийĕн «Педагогика вулавĕсене» хутшăннă. Ман пек учительсем Тăван çĕршывра пиншерĕн шутланаççĕ.

Сталин учителĕн ĕçне пысăка хурса хакланă, хисепленĕ, учительсене пур условисем те туса пама тăрăшнă. Шутлатăн та каллех йывăр хурлăха путатăн: учительсен учителĕ аслă Сталин пирĕн хушăмăрта çук. Анчах Сталин вилĕмсĕр. Унăн ĕçĕ — шанчăклă алăра. Ĕçре пиçĕхнĕ, кĕрешӳре тĕрĕсленнĕ Сталин соратникĕсем пирĕн Тăван çĕршыва çĕнĕ çĕнтерӳсем патне ертсе кайĕç. Совет çĕршывĕ миршĕн тăрать. Ку вăл Г. М. Маленков, Л. П. Берия тата В. М. Молотов юлташсем И. В. Сталин тупăкĕ умĕнче каланă сăмахсенче уççăн палăрчĕ.

Эпĕ çамрăк мар ĕнтĕ, анчах манăн ĕçри хастарлăх пысăк. Куç курнă чухне, урасем утнă чухне хамăн пĕтĕм вăй-халла, пĕтĕм пĕлĕве ачасене коммунизмла воспитани парас ĕçе парăп, вĕсене Тăван çĕршыва аслă Сталин юратнă пек юратма вĕрентĕп.

**М. ФЕДОРОВ,**
учитель.
**Çĕмĕрле хули.**

*Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхри стахановецсем*

# РАЦИОНАЛИЗАТОРСЕМ

Шупашкарти электроаппаратура заводĕн штамповочнăй цехĕ. Йĕркерен лартса тухнă прессенчен пĕрин умĕнче çамрăк работница ĕçлесе ларать. Акă вăл сантиметр хулăнăш хурçă листана пресс çине хурать те урине педаль çине пусать. Пресс хурçă татăка пĕр самантра кирлĕ формăллă касса кăларать. Çак детале тепĕр пресс çинче чертежра кăтартнă пек аваççĕ, шăтараççĕ. Унтан ытти цехсене илсе каяççĕ.

Штамповочнăй цехра ĕçлекен работницăсем çак хăватлă техникăпа тулă пĕрчи пысăкăш пĕчĕк детальсенчен пуçласа тĕрлĕ формăллă, пысăк детальсем туса кăлараççĕ. Пысăк та кăткăс электроаппаратсем тума кирлĕ детальсенчен чылайăшне штамповочнăй цехра хатĕрлеççĕ.

1942 çулта çак цеха çамрăк хĕрача Валентина Машковцева ĕçлеме пырса кĕнĕ. Халĕ çеç çиччĕмĕш класран вĕренсе тухнă, пысăк заводсенче пулса курман хĕршĕн тĕрлĕ станоксем, прессем ĕçлени, вĕсем çинчен тĕрлĕ фигурăллă детальсем тухни ытла та тĕлĕнмелле пулнă.

— Ĕçлеме вĕренессĕн туйăнмасть. Пултарăп-ши — тесе иккĕленнĕ вăл.

— Ĕçе техника тăвать, эсĕ çав техникăна ĕçлеттерме вĕрен. Акă, çак хурçă татăкне эсĕ алă вăйĕпе ниепле те шăтарайман пулăттăн. Пресс ăна пĕр самантра темиçе тĕлтен шăтарать,— тенĕ И. Гребенюк мастер çур сантиметр хулăнăш листана вырнаçтарса хурса. Унтан мастер кнопкăна пуснă та пресс, мастер каланă пекех, хурçă татăкне куç хупса иличчен темиçе тĕлтен шăтарнă.

Çав кунтанпа Валентина Машковцева цехра ĕçлеме пуçланă.

Çулталăк ытла ĕçленĕ вăл штамповщица пулса. Хăй ĕçне питĕ ăста тума вĕренсе çитнĕ.

Пĕррехинче цеха çĕнĕ йышши аппарат валли çĕнĕ детальсем тума заказ панă. Вĕсене уйрăм, хаклă йышши хурçăран сериллĕ майпа туса кăлармалла пулнă. Детале тума чи лайăх штамповщицăна Валентина Машковцевăна хушнă.

Аста работница преса йĕркеллĕ ĕçлеттерет, деталь хыççăн деталь кăларать. Сменăри задание ытлашшипех тултарса ĕçлет вăл. Анчах пĕркунхине ĕç вăхăтĕнчех хаклă йышши хурçă пĕтни çинчен пĕлтереççĕ.

— Çакăн пек хурçăран тепĕр йышши пĕчĕкрех детальсем тумалла. Вĕсемсĕр ĕç тухмасть,— пĕлтереççĕ цехра.

Валентина Машковцева детальсенчен юлнă хурçă листи юлашкийĕсене пустарать. Вĕсене халиччен тимĕр-тăмăрсем купине пăрахса тăнă.

Икĕ-виçĕ кун ĕçлет вăл, шухăшлать, пĕчĕкрех детальсем тăвакан ытти станоксем çинчи штампсене пăхать, тĕпчесе вĕренет. Ун хыççăн цехри паллă рационализатор Д. Цейтлин патне кайса канашлать.

— Хăюллă шухăш, питĕ маттур. Халех пурнăçлама тытăнмалла,— тет ăна ватă мастер тĕплĕн итленĕ хыççăн. Сĕнĕве инженерсем тĕрĕслесе пăхаççĕ. Вырăнлă, паха сĕнӳ. Хатĕр чертеж тăрăх инструментальнăй цех штамп туса парать.

Штампа пресс çине установщицăн вырнаçтарса лартмалла. Малтанхи сăнавлă детале унăн туса кăлармалла. Çакăн хыççăн çеç преспа штамповщицăна ĕçлеттереççĕ. Çак ĕçе Валентина Машковцева пĕтĕмпех хăй тăвать.

Вăл сĕннипе тунă штамп производство каяшĕпе усă курма, хаклă йышши хурçăна нумай перекетлеме май панă. Завод детальсем туса кăларассине чармасăр Тăван çĕршыва кирлĕ аппаратсене вăхăтра парса тăнă.

Çакă Валентина Машковцевăн рационализаторла малтанхи сĕнĕвĕ пулнă. Ун хыççăн ăна çак цехрах установщица пулса ĕçлеме куçарнă.

В. Машковцева халĕ установщица пулса ĕçлет. Хăйĕн пĕлĕвне ӳстерсе пырса, вăл тата темиçе паха сĕнӳ панă, ĕç тухăçлăхне ӳстерме, чĕртавара нумай перекетлеме пулăшнă.

* * *

Заводри рационализаципе изобретени бюровĕн начальникĕ Е. М. Белоусова юлташ патне çамрăк хĕрарăм пырса кĕчĕ.

— Евдокия Максимовна, чылай шухăшласа пăхрăм, ĕç тухмаллах. Çак сĕнĕве пурнăçа кĕртесчĕ,— тет, вăл кирлĕ хутсемпе чертежсем парса.

— Тата мĕнле сĕнӳ, Кима Евгеньевна. Тĕрĕслесе пăхăпăр.

К. Е. Гаевская заводра паллă хĕрарăм-рационализатор. Вăл виççĕмĕш сборочнăй цехра аслă мастер пулса ĕçлет. Пĕчĕкренех тăлăха юлнăскер, вăл ачасен çуртĕнче ӳснĕ, вĕреннĕ. Ăна совет влаçĕ, тăван завод коллективĕ пăхса ӳстернĕ, паха специальность панă. Халĕ вăл темиçе çул ĕнтĕ мастер пулса ĕçлет.



Шупашкарти Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ заводри рационализаторсем.
УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ (сулахайран сылтăмалла): Л. И. Шилкова, В. С. Машковцева рационализаторсемпе рационализаципе изобретени бюро начальникĕ Е. М. Белоусова юлташ калаçу ирттерет.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

— Тĕлĕнмелле ĕçчен хĕрарăм, — тет ун çинчен Е. Белоусова юлташ. — Тунă çитĕнӳсемпе лăпланса, нихçан та пĕр вырăнта тăмасть, яланах вĕренет, çĕннине шырать. Акă иртнĕ çул вăл пĕр детале сверлопа пăраласа шăтарас вырăнне энтĕрпе шăтарма сĕнӳ пачĕ. Çакна тума станока кăштах улăштарма тиврĕ. Пăраласа шăтарнă чухне ĕç час пулмасть. Инженерсем унăн сĕнĕвне тĕрĕслесе пăхрĕç. Питĕ паха сĕнӳ пулни курăнчĕ. Пурнăçларăмăр. Çакă ĕç тухăçлăхне темиçе хут ӳстерме пулăшрĕ.

К. Гаевская юлташ тĕслĕ металсене перекетлес тĕлĕшпе те чылай паха сĕнӳсем панă.

Иртнĕ çулсенче кăна К. Гаевская панă рационализаторла тăхăр сĕнĕве пурнăçланă. Çакă, ĕç тухăçлăхне ӳстернисĕр пуçне, çулталăкра çичĕ пин тенке яхăн укçа тата тĕслĕ металл чылай перекетлесе хăварма май парать.

Халĕ вăл тата виçĕ паха сĕнӳ панă. Вĕсене пурнăçлани цехри ĕçе чылай лайăхлатма пулăшать.

Заводра Е. И. Уралева клейщицăна та рационализаторла паха сĕнӳсем панăшăн ырă ятпа асăнаççĕ. Электропроводсене чĕркенĕ çĕрте вăл хаклă йышши пурçăн пире перекетлемелли меслет тупнă. Рационализаторла çав паха сĕнӳ завода çулталăкра 8.200 тенкĕ укçа перекетлесе хăварма май парать. Е. И. Уралевăн сĕнĕвне электропромышленность предприятийĕсенче анлăн усă курмалла тунă.

Рационализаторсемпе производство новаторĕсем хушшинче А. Николаева, В. Чапурина намотчицăсене, Л. Шилова установщицăна тата ытти чылай хĕрарăмсене курма пулать. Пурте вĕсем совет влаçĕ çулĕсенче çуралса ӳснĕ, совет шкулĕнче вĕреннĕ. Пурне те вĕсене завод коллективĕ пăхса ӳстернĕ, тĕрлĕ ĕçе вĕрентсе ăста работницăсем, рационализаторсем пулма пулăшнă.

**Н. МИНИН.**

## „Максимка" кинофильма чăвашла куçараççĕ

Шупашкарта «Максимка» кинофильма чăвашла куçарас тĕлĕшпе ĕçлеме тытăннă. Кинофильма чăвашла куçарас тĕлĕшпе ĕçлекен кинорежиссер Б. А. Евгенев пирĕн корреспондента çапла каласа панă:

— «Союзмультфильм» студийĕ темиçе республикăра ĕçлет. Эпир Чăваш республикинче чи малтан «Тарас Шевченко» кинофильма чăвашла куçартăмăр. Комисси пирĕн ĕçе лайăх тесе хакларĕ. Ун хыççăн эпир «Чапаев», «Незабываемый 1919 год», «Композитор Глинка» фильмсене чăвашла куçартăмăр. Вăл картинăсене куçарнине те лайăх хак парса йышăннă.

Халĕ пире «Максимка» фильма куçарас тĕлĕшпе ĕçлеме хушрĕç. Эпир пикенсех çак ĕçе тытăнтăмăр. Калас пулать, чылай вăхăт пĕр вырăнта ĕçлени ĕçре пысăк усă парать. Эпир артистсене лайăх пĕлсе çитрĕмĕр. Вырăсла фильмри рольсене Чăваш академи театрĕнчи тата çамрăксен театрĕнчи артистсем чăвашла каласа параççĕ. Чăваш артисчĕсем хăйсен пысăк пултарулăхне кăтартаççĕ. Манăн уйрăммăнах В. Родионов, Б. Алексеев, Н. Николаев, Н. Терентьев артистсене палăртас килет. Вĕсем рольсене вырăсла фильмри рольсенчен кая мар калаççĕ.

«Максимка» кинофильмри тĕп рольсене В. Родионов (Лучкин матрос), Н. Терентьев («Богатырь» корветăн капитанĕ), Г. Фадеев (Матвеич боцман), А. Ургалкин (тухтăр), С. Павлов (Горелов лейтенант), Б. Алексеев (писарь), Е. Куршева (Максимка) артистсем чăвашла калаççĕ.

Фильм сценарине чăвашла К. Турхан куçарнă.

# Тăван сăмах

## НОВЕЛЛА

### I.

Айлăмра тĕттĕмлене пуçларĕ ĕнтĕ, анчах ту тăрринчи шурă чулсем çаплах хĕвел çутипе йăлтăртататççĕ. Тӳпе—янкăр уяр, тăрна куçĕ пек кăвак. Çил çаврăнса тухнă, сарăхнă çулçăсем суккăр кайăк евĕр тĕлли-паллисĕр вĕлтĕртетсе вĕçеççĕ. Çулçисем те кунта урăхла иккен, кĕрхи çанталăкĕ те—Атăл тăрăхĕнчи мар... Çулĕ тусем хушшинче мунчари пек вĕри, сывлама йывăр. Çил те усăлтармасть: мунчара, ăшши парсан, вĕри сывлăш çапла варкăшать...

Шыв тупса ĕçесчĕ! Флягăринĕ пăçăрах тумламăн-тумламăн сыпса янă ĕнтĕ, çăвар йĕпетмелĕх те юлман. Халĕ лере, Атăл тăрăхĕнче пулсан,—мĕн чухлĕ шыв-шурă çырма! Кашни çырмарах вĕресе тăракан çăлкуçĕ... кантăк пек таса шыв çинче тӳпери шурă пĕлĕт ишни те курăнать... хăть ывăçпа ăсса, хăть хупахран курка туса ĕç...

Инçере-çке эсĕ, çуралнă çĕршыв!

Садуров, икĕ аллипе те урапа хыçĕнчен тытса, тĕлĕрсе пырать. Ту хушшинчи пĕртен-пĕр çул шăтăк-путăклă та чулла. Çамрăк салтак такăнмассерен шартах сиксе вăранать. Анчах таврара шăпах, нимле хăрушлăх та çук: лаша умĕнче Болдырев автомата хатĕр тытса пырать, маттур вăл, тăшмана ура çине пуçтарĕ.

Садуров куçне хупать те лăпсăрах тĕлĕрсе каять.

Иккĕмĕш талăк вĕсем çапла ылмашса пыраççĕ: пĕри хуралать, тепри—канать. Лашана тăратсах çывăрса илесчĕ, анчах питĕ васкамалла. Урапа çинче черетпеле выртса пырасчĕ—лавĕ ахаль те йывăр.

Ĕнер ир комбат иккĕшне чĕнчĕ те связистсем патне çак батарейăсене хăвăртрах çитерсе пама хушрĕ. Сыхăну батальонĕ малти линире. Çар складĕнчен унта çитме пилĕк çухрăмран ытла мар, анчах Хинган тавращĕнчи çулсемпе пилĕк çухрăм каяссн... калăма çеç çăмăл. Çитменнине тата фронт малаллах куçса пырать.

— Сержант юлташ!—тет хуллен Болдырев, анчах Садуров илтмест, ăна хăй шухăшĕ канăç памасть.

Мĕнле пулсан та, ыран ирччен связистсене хуса çитмеллех. Приказ çапла. «Сержант юлташ, эпĕ сире шанатăп... Астăвăр: çул çинче нисхта та чарăнса ан тăрăр, ялсене ан кĕрĕр. Китаецсене тĕл пулсан, хăвăра лайăх тытăр. Хĕрĕх çул ку çĕршывра самурайсем хуçа пулса пурăннă, вĕсем Китай ĕççыннисене ырă кун кăтартман. Астăвăр: аслă çулпуçăмăр хушнипе, эпир, совет салтакĕсем, пусмăрти халăха ирĕке кăларатпăр. Астăвăр: эсир—Сталин салтакĕсем»... Командир çапла каларĕ: астăвăр, терĕ виçĕ хут.

— Сержант юлташ!

Пыл пек тутлă ыйхă таталать...

Садуров куçне уççиченех автоматне ярса тытрĕ. Самурайсем-и? Çук... Таврара шăпах. Тĕреклĕ Болдырев пасăрхи пекех лаша умĕнче пырать, анчах темшĕн час-часах тӳпенелле пăхкалать.

— Мĕн унта?

Болдырев хирĕç чĕнмерĕ, автомачĕпе тĕллесе ту тăрринелле кăтартрĕ. Акă вăл, чи хăрушши сывхарать иккен. Ту хыçĕнчен хуп-хура пĕлĕт явăнса тухать. Сасартăках çанталăк тĕксĕмленчĕ, кун çути сухалчĕ.

— Тропика çумăрĕ килет... юхтарса яраканни... Тайфун ан пултăрччĕ,—терĕ Болдырев.

— Тайфун тинĕс хĕрринче çеç пулать, ефрейтор юлташ,—юри хыттăнрах каларĕ Садуров. (Аслин, аслă пекех пулас пулать: юпи çĕрĕк пулсан, хӳме нумаях тытăнса тăраймĕ).

Çĕр иселенсе кайиччен умри сопка çине хăпарса çитесчĕ! Çак сопка урлă каççанах çăмăл пулĕччĕ: малалла каллех айлăмпа каймалла! Çитесчĕ! Садуров тропика çумăрĕ мĕнлине лайăх пĕлет: сопка çине халех хăпарса çитеймесен — юхтарсах ярать.

— Болдырев, хытăрах хăвала!

Халĕ Садуров урапа хыçĕнчен тĕртет, Болдырев туртаран тытса пулăшнă май лашине хăвалать. Анчах пĕр ывăннă утта темле хистесен те чуптараймăн ĕнтĕ: пушă — лашашăн юлташ мар... Акă çанталăк кашти хуçăлчĕ, çӳпçерен тăкнă пек çумăр çуса ячĕ. Пĕтĕм тӳпе шăмалса килчĕ, ниçта пĕлĕт уççи курăнмасть, куç-пуç курми тăкать. Айлăмра шыв кĕрлесе юхма пуçларĕ; ура пусмалăх та типĕ çĕр юлмарĕ.

Гвардеецсем йĕп-йĕпех пулчĕç, пулин те, урапа çинче шинелĕсемпе плащ-палаткисене илсе пĕркенмерĕç: вĕсемпе батарейăсене витсе хунă.

Çумăр тумламĕ шыв çине ӳкмессерен лаша куçĕ пысăкăш хăмпăланать. Ту çинчен шывпа пĕрле çĕпре пек пылчăк юхать, урапа кустăрмисене сырăнать, утма чăрмантарать.

Акă тăвайккинелле кăштах хăпарма ĕлкĕрнĕ лаша тăпах чарăнчĕ, унтан, малалла каякан урапана тытса чараймасăр, чакма пуçларĕ. Йывăр лав лашана айлăма сĕтĕрсе антарчĕ.

— Асăрхан, сержант юлташ!—кăшкăрса ячĕ Болдырев, урапа çине сиксе хăпарса.

Садуров аран çеç хăтăлма ĕлкĕрчĕ — ту çинчен талккишпех юхса анакан çĕпре-лапра урапана пырса çапрĕ, малалла юхса кайрĕ. Урапа та, лаша та çурри таран пылчăк ăшне путса ларчĕç.

— Пĕтрĕмĕр!

— Пĕтмен-ха, Болдырев!.. Эсĕ ху камне асту: Комбат каланине ан ман... Китайла чухлатăн-и?

— Пĕлместĕп... пĕр сăмах та.

— Эпĕ те пĕлместĕп... пĕр сăмах та.

Вăйлă çумăр, сасартăк пуçланнă пекех, кĕтмен çĕртен чарăнчĕ. Тӳпе уçăлчĕ. Анчах халĕ ту тăрринчи шурă чулсем хĕвел çутипе йăлтăртатмаççĕ. Каç пулнă ĕнтĕ.

— Лашана тăварса яр та мана кĕт,—терĕ Садуров. Вăл аттине хыврĕ те йĕмпĕççине çӳлерех туртса хăпартрĕ. Урапа çинчен сиксе анма тăнăскерех чарăнчĕ, писихăн çумĕнчи автомат дискне вĕçерсе Болдырева пачĕ.

— Мана пĕрипе те çитĕ, сана кунта кирлĕрех пулма пултарать. Тусем хушшинче самурайсен йĕлашкисем... сахал мар... Урнă йыттăн ури те çыртать, теççĕ пирĕн енче... Ну, тусăм, сыхă тăр.

Садуров тăвайккинчен хăпарсан тин атă тăхăнчĕ, автомата хатĕр тытса, тĕттĕм ту хушшине кĕрсе кайрĕ. Пĕр çухрăм пек утсан, пĕчĕк çеç хир лаптăкне çитсе тухрĕ. Çĕрĕ ахаль те тикĕс мар пулин те, кашни çирĕм-вăтăр утăмранах хӳме пек купаласа кайнă тĕмескесем, канав пек алтнă тарăн йăрансем тĕл пулаççĕ. Çапла уйăраççĕ иккен кунта çĕре! «Шыв сыранĕ тĕреклĕ мар, ăна йăранĕ тĕреклĕ» тени çакă пулать ĕнтĕ. Акă мĕнле хĕсĕк иккен чухăн китаецсен анисем...

Совет салтакĕ пĕрремĕш хут ют çĕршывра. Пĕрремĕш хут вăл халĕ ют чĕлхепе калаçакан, ют законсемпе, йăлисемпе пурăнакан халăха тĕл пулать.

Мĕнле йышăнĕç-ши ăна, мĕнле ăнлантарĕ вăл хăй çинчен?

### II.

Акă мĕнлерех иккен Китай ялĕ! Атăл тăрăхĕнчи йăмралла ялсем мар... Укăлча карти вырăнне, яла тавра чул хӳме çавăрнă, кашни кил хăйне уйрăм чул хӳме хыçĕнче тытăнса ларать. Хӳмисем питĕ авалхи пулас: ишĕлсе пĕтнĕ. Миçе ĕмĕр хĕн курнă-ши чухăн китаецсем çак хӳмесем хыçĕнче?

Садуров тĕттĕм урампа пырать. Нихăш фанзăра та çутă çук, пĕтĕм ялйыш вилсе пĕтнĕ тейĕн. Гвардеец пĕр фанза умне пырса чӳречерен шаккарĕ—шалтан сасă памарĕç. Садуров вара электричество хунарне çутрĕ те автоматне хатĕр тытса фанзăна кĕчĕ. Пӳлĕмре çын çук, ăçта кирлĕ унта тустарса-çĕмĕрсе пĕтернĕ япала йăванса выртать. «Самурайсем алхаснă», тӳрех тавçăрса илчĕ гвардеец. Каялла тухрĕ те... алăк умĕнчех хытса тăчĕ.

Тем çамантра килкарти тулли халăх пухăнса тăнă. Çынсен аллисенче—кĕске çавасем, сенĕксем...

— Юлташсем! — терĕ Садуров.

Китаецсем шăпăрт та чĕнмерĕç, йăшăлт та хускалмарĕç.

«Ăнланмаççĕ!» хăраса шухăшларĕ сержант.

— Тăвансем! Эпĕ сирĕн пата пулăшу ыйтма килтĕм. Ту хушшинче пире инкек çитрĕ...

Пĕр сасă та...

«Е мана тĕттĕмре хурах вырăнне йышăнаççĕ-и? Салтăк вĕсемшĕн яланах хăрушă çын пулнă. Тен, мана самурай е янки темеççĕ-ши? Мĕнле ăнлантармалла вĕсене хам камне? Мĕнле сăмахпа?»

— Тăвансем! Эпир, çулпуçăмăр хушнипе, сире самурайсен пусмăрĕнчен хăтарма килтĕмĕр,—терĕ сержант, комбат сăмахĕсене аса илсе.

Çук, китаецсем пĕр сăмахне те ăнланмаççĕ.

— Эпĕ — Сталин салтакĕ! — терĕ Садуров чĕререн.

Халăх сасартăк хускалса кайрĕ. Сĕнĕв тытнă старик мала тухса тăчĕ.

— Ста-лин?—ыйтрĕ вăл чĕтрекен сассипе.

— Сталин — терĕ Садуров савăнса.

— Ста-лин! Ста-лин! — кăшкăрса ячĕç китаецсем, пуç пӳрнисене совет салтакĕ еннелле кăнтарса. Старике çавăнтах пĕр алтăр шыв пачĕç. Вăл, гвардеец умне пырса тăчĕ те, хăй чĕлхипе тем каласа, ăна виçĕ хутчен шывпа пĕрехсе илчĕ. Унтан пуç пӳрнине кăнтарса:

— Шанго-о!—терĕ.

Тинех вара тĕлĕнмелле калаçу пуçланчĕ. Пĕри китайла пĕлмест, теприсем—вырăсла пĕлмеççĕ. Пурин те мĕнпур пĕлнĕ сăмахĕ пĕрре: С т а л и н. Çапах, салтак та, китаецсем те пĕр-пĕрине ăнланчĕç.

# И. В. Сталина асăнса

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне

Мускав

Бразилири Коммунистсен партийĕн Наци Комитечĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне тĕнчери халăхсен гениллĕ çулпуçĕ Сталин юлташ вилнĕ пирки—каялла таврăма çук пысăк çухату пирки Бразили рабочи класĕпе халăхĕ чĕререн хурланни çинчен пĕлтерет.

Мире хÿтĕлесе тăнă чи лайăх çыннăн, халăхсене фашизмран хăтараканĕн, социализм строителĕн, коммунизм зодчийĕн, юратнă çулпуçпа аслă учителĕн тата Бразили халăхĕн чăн-чăн тусĕн—Сталин юлташăн ятне чĕрере тытса, эпир мухтавлă Совет Союзне паттăррăн пулăшса пыма хатĕр тăни çинчен, никам çĕнтерейми Ленин—Сталин партийĕн ĕçĕпе унăн аслă Центральнăй Комитетне çирĕппĕн парăнса тăни çинчен тата тепĕр хут çирĕплетсе калатпăр.

Пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен аслă çулпуçĕ вилнĕ пирки Сирĕн халăхпа пĕрле кулянатпăр.

Эпир пурте Сталин юлташăн таса ятне чĕрере тытăпăр, мир, демократи, социализм ĕçĕшĕн, Сталин юлташ хăйĕн пĕтĕм чаплă пурнăçне нимĕн юлмиччен панă ĕçшĕн тата хăюллăнрах, çирĕпрех кĕрешĕпĕр.

Пирĕн халăх социализмăн Тăван çĕршывне хирĕç нихçан та вăрçă вăрçмĕ, тесе тупа тăватпăр.

Аслă Сталина ĕмĕр мухтав!

**Бразилири Коммунистсен партийĕн Наци комитечĕ ячĕпе**
**ЛУИС КАРЛОС ПРЕСТЕС.**

Рио-де-Жанейро, Бразили.

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне

Пĕтĕм тĕнчери халăхсен ĕççынниййĕсен мухтавлă çулпуçĕпе руководительне — юратнă Сталин юлташа çухатнă пирки чĕререн вĕçĕмсĕр хурланса, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе аслă Совет Союзĕн халăхне пĕтĕм этемлĕх умне килсе тухнă вĕçĕмсĕр пысăк хурлăх пирки Мексика халăхĕ, ĕççыннисем тата Мексика коммунисчĕсем чĕререн хурланни çинчен пĕлтеретпĕр.

Сталин пирĕн халăх чĕринче ĕмĕр пурăнĕ. Унăн илемлĕ пурнăçĕпе ĕçĕсем ирĕклĕх патне пымалли çула çутатса тăрĕç. Сталин юлташăн аслă вĕрентĕвĕпе хавхаланса, эпир мир, демократи тата наци никама пăхăнманлăх çĕнтерĕвĕшĕн ывăнма пĕлмесĕр кĕрешме пулатпăр, социализмăн никам çĕнтерейми ĕçĕшĕн кĕрешекенсен тивĕçлĕ ятне илме пулатпăр. Çак ĕçе гениллĕ тата вилĕмсĕр ертсе пыраканĕ Сталин пулнă, малашне те Сталин пулать.

Мĕнпур çĕршывсенчи ĕççыннисемпе тата миршĕн кĕрешекенсемпе пĕрле Мексика халăхĕпе рабочи класĕ Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе совет халăхне вĕçĕмсĕр шанса тăни çинчен тата вĕсемпе пĕр шухăшлă пулни çинчен пĕлтерессĕ.

**Мексикăри Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе**
**Дионисио Энсина.**

## Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне

Сталин юлташ вилнĕ пирки чĕререн хурланса, эпир сирĕнпе пĕрле хытă кулянни çинчен пĕлтеретпĕр. Революцин аслă çулпуçне, пирĕн хаклă та юратнă учителĕмĕре, Ленин ĕçне генилле малалла туса пынă Сталин юлташа çухатни пирĕн халăхшăн йывăр çухату пулчĕ.

Вăл вилнипе эпир Испани халăхĕн пысăк тусне, мирпе ĕççыннисен телейĕшĕн кирек камран та ытларах ĕçленĕ çынна, коммунизмăн аслă строительне çухатрăмăр.

Каталонири Социалистсен пĕрлешнĕ партийĕн секретариачĕ партин мĕнпур членĕсен ячĕпе, рабочи класпа Каталони халăхĕ ячĕпе аслă Ленин—Сталин партине, хăватлă та никам çĕнтерейми Советлă Социализмлă Республикăсен Союзне пĕтĕмпех шанса тăни çинчен пĕлтерет.

Долорес Ибаррури юлташ ертсе пынипе эпир, Каталони коммунисчĕсем, миршĕн, демократишĕн, Испанин наци никама пăхăнманлăхĕшĕн кĕрешес ĕçре, социализмшăн кĕрешес ĕçре хамăр партине тĕреклетме вăйсене темиçе хут ÿстерĕпĕр.

**Каталонири Социалистсен пĕрлешнĕ партийĕн секретариачĕ.**

## Аслă Сталина асăнса

ПЕКИН, мартăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Индонезире тухса тăракан хаçатсем Иосиф Виссарионович Сталина асăнса нумай материалсем пичетлесе кăларнă. Джакарта хулинче тухакан «Хариан ракьят» хаçат çапла çырать: «И. В. Сталин ертсе пынă совет халăхĕ фашизма хирĕç пынă вăрçăра нацистсен варварла çарне пĕтĕмпех çĕмĕрсе тăкрĕ, пĕтĕм тĕнчери халăхсене фашизм хăратса тăнинчен хăтарчĕ. Вăрçă хыççăнхи тапхăрта пулса иртнĕ ĕçсене сăнаса тăнă çынсем Сталин юлташ пĕтĕм тĕнчери мире сыхласа хăварас пысăк ĕç тунине йышăнассĕ».

Индонезири Антара агентстви пĕлтернинче çапла каланă: «Сталин хăйĕн пĕтĕм пурнăç тăршшĕнче пĕтĕм вăя пусмăрта тăракан халăхсене ирĕке кăларас ĕçе, вĕсене ырă пурнăç кÿрес ĕçе панă. Сталин—миршĕн кĕрешекен пĕтĕм тĕнчери борец. Вăл çынсене вăрçа кураймипулма, мире юратма вĕрентнĕ».

Меданăра (Суматра утравĕ) тухса тăракан «Васпада» хаçат çапла çырать: «Пирĕн туссем юратнă, тăшмансем кураймаи Сталин—гениллĕ çулпуç пулнă».

ШАНХАЙ, мартăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Вьетнамри информаци агентстви пĕлтернĕ тăрăх, çак кунсенче Вьетнам халăх правительстви, Вьетнамри наци пухăвĕн яланхи комитечĕ, Вьетнамри нацин пĕрлешнĕ фрончĕн (Льен-Вьет) наци комитечĕ тата Вьетнамри ĕçлĕх партийĕн (Лао-донг) Центральнăй Комитечĕ Иосиф Виссарионович Сталин ячĕпе хурлăхлă чаплă лару иртгернĕ.

Ларура президент Хо Ши Мин пулнă.

Вьетнамри ĕçлев министрĕ Нгуен Ван Тао И. В. Сталин юлташăн пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен каласа панă.

Ларура пулнисем И. В. Сталин ĕçĕсене вĕренме, халăх ĕçне чĕререн туса пыма, Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕпе совет халăхĕ тавра пĕрлешме, наци ирĕклĕхĕ илессишĕн тата пĕтĕм тĕнчипе мир туса хурассишĕн малалла—кĕрешме пулса чаплăн тупа тунă.

---

Ялта пĕр вырьăх та юлман иккен, йăлтах самурайсем хăваласа кайнă. Китаецсем Совет Çарне кунĕн-çĕрĕн кĕтнĕ, анчах вăл тусем хушшинче пытанса ларакăн яла кĕмен, аякран иртсе кайнă.

Хăйсен хуйхи çинчен те, савăнăçĕ çинчен те китаецсем совет салтакне паллăсемпе кăтартса пĕлтерчĕç, пĕртен-пĕр пĕлнĕ сăмахне питĕ савăнса асăнчĕç.

III

Ту хушшинчен тем чухлĕ мĕлке тухнине курсан, Болдырев пĕрре сиксех урапа хыçне пытанса тăчĕ те пиçиххи çумĕнчи гранатине вĕçерчĕ. Пуçне çухатсан та, чысне çухатмĕ вăл... Акă малта пыраканнине тĕллерĕ...

— Болдырев! — илтĕнчĕ тĕттĕмрен сержант сасси.

Гвардеец аллисем лăштăрах кайрĕç.

Ватă китаец урапа патне çитсенех Садуров аллинчи тулли флягăна илчĕ те Болдырева та, хăйсен йăлипе саламласа, пысăк сывлăх сунса, шывпа пĕрĕхрĕ. Унтан урапа çинчен пĕр батарейне илчĕ. Ун хыççăн ыттисем те пĕрер батарея йăтса сопка çинелле утрĕç. Лава пушатнă хыççăн, пурте харăс сырăнса, урапана хытă çул çине туртса кăларчĕç. Япаласене вара урапа çине тиемерĕç, хăйсемех çĕклесе, ту çинелле утрĕç.

— Болдырев, пушă лавпа хăвах пыма пултаратăн-и? — ыйтрĕ Садуров хавасăн.

— Пултаратăп, сержант юлташ!

— Эпир передовойне васкатпăр. Ирччен çитес пулать.

— Сержант юлташ...

— Мĕн?

— Эсир китайла пĕлместĕрччĕ мар-и?

Садуров салтака хулпуççинчен лăпкарĕ.

— Пĕлместĕп, тусăм, сан пекех... Анчах пĕр сăмах пур—вăл тĕнчери мĕнпур ĕççыннисемшĕн тăван. Ăна асăнсан,— такам та сана çул парĕ, пулăшĕ, хисеплĕ. Сталин пиллĕхĕ вутра та çунмасть, шывра та путмасть, теççĕ пирĕн енче.

IV

Вĕсем иртеннех пĕр вăранми сывăрчĕç. Болдырев шăнса вăранчĕ: пĕрле витĕннĕ шинеле Садуров йăлтах хăй çине туртса илнĕ-мĕн. Айлăмра касхи сывлăм ÿкнĕ; кухньăри вучах та сÿннĕ, связистсем те пасăрах сывăрма выртнă, часовойсем кăна уткаласа çÿреççĕ. Çапăçу шавĕ илтĕнмест ĕнтĕ: самурайсене кун каçа инçете хăваласа янă...

Анчах мĕн ку? Çĕрлехи шăплăхра тусем хушшинче харăс-харăс кăшкăрни илтĕнет. «Урра» та мар, «банзай» та мар.

Болдырев тăрса ларчĕ.

— Сержант юлташ, тăр-ха, тăр, тетĕп.

— Мĕн пулнă ара?

— Итле-ха, итле! Тен, манăн ахаль хăлха янрать пуль?

Гвардеецсем пĕр хушă сывлами пулса итлерĕç. Акă тусем хушшинче, инçех те мар, уçăмлăн илтĕнсе кайрĕ:

— «Ста-лин!.. Ста-лин!.. Ста-лин!..»

— Тусем янраççĕ-и?—ыйтрĕ Болдырев, ыйăх тĕлĕшпе ним шутлама аптраса.

Садуров мăнкăмăллăн каларĕ:

— Çук, тусăм мар, тăванăм! Çывăхри ял витĕр совет салтакĕсем иртеççĕ. Китаецсем хăйсене ирĕке кăларакан çар çыннисене çапла саламлаççĕ... Савăн: эпир,— Сталин салтакĕсем!

**Александр АРТЕМЬЕВ.**

## Совет Союзĕпе Болгари хушшинчи çирĕп туслăх

СОФИЯ, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари халăхĕ Совет Союзĕпе Болгари Халăх Республики хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен договор тунăранпа паян 5 çул тултарнине анлăн палăртать.

Болгари Халăх Республикин Халăх пухăвĕн Президиумĕн председателĕ Георгий Дамянов «Отечествен фронт» хаçатра çапла çырать: 1948 çулхи мартăн 18-мĕшĕнче Мускавра, Совет Союзĕпе Болгари Халăх Республики хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен тунă договор Болгари алă пусса йышăннă мĕнпур договорсенчен пысăкрах вырăн йышăнать. Çак договора алă пуснипе Болгари коммунизм тăвакан аслă çĕршывăн союзникĕ пулса тăчĕ, вăл хăйĕн малашлăхĕ çине лăпкăн та шанăçлăн пăхма пултарать. Туслă пурăнасси, пĕр-пĕринпе килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен тунă договор Болгари халăхĕн пурнăçлă мĕнпур интересĕсене тивĕçтерет, унăн чĕререн тухакан туйăмĕсене палăртать.

Болгари хаçачĕсем Совет Союзĕ экономикăпа культура тĕлĕшĕнчен паракан пысăк пулăшу çинчен, юлашки пилĕк çул хушшинче çĕршыва индустриализацилес тĕлĕшпе тата ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе тунă çитĕнÿсем çинчен калакан материалсем нумай пичетлеççĕ.

## *София хулинчи савăнăçлă пуху*

СОФИЯ, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Паян София хулинче Совет Союзĕпе Болгари Халăх Республики хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен договор тунăранпа 5 çул тултарнă ятпа столицăри ĕççыннисен савăнăçлă пухăвĕ пулса иртнĕ.

Пухăва Болгарипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществисен Союзĕн Центральнăй Совечĕн исполнительнăй комитечĕн председателĕ доктор Иван Пашов уçнă.

Совет Союзĕпе Болгари хушшинче пĕр-пĕринпе туслă пурăнасси, килĕштерсе ĕçлесси тата пĕр-пĕрне пулăшасси çинчен договор тунăранпа 5 çул çитни çинчен Болгарири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Политбюро членĕ, Болгари ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Мичо Нейчев доклад тунă.

Тăвăллăн алă çупса, «Туслăх ĕмĕре пытăр!» тесе кăшкăрса, пухăва пынă çынсем Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне салам яма йышăннă.

## Венгри хресченĕсен çĕнĕ пурнăçĕ

БУДАПЕШТ, мартăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). Венгрири телеграф агентстви çапла пĕлтерет:

Çĕршыв ирĕке тухнă хыççăн Венгри хресченĕсен пурнăçĕ чылай улшăнчĕ. Саван пек, тĕслĕхрен, Сегет районĕнче çĕнĕрен 13 ял туса лартнă. Çĕршывăн инçетри вырăнĕсем пĕр-пĕринпе çĕнĕ çулсемпе çыхăннă. Начар пÿртсем вырăнне çутă та чаплă çуртсем туса лартнă. Çĕнĕ çуртсене пурăнма 400 çемье куçнă. 12 яла электричество кĕртнĕ. Культурăпа çутĕç учрежденийĕсем 18 уçнă. 5 ялта кинотеатр ĕçлет.

Мезекевеш районĕнче пур ялсене те тенĕ пекех электричество кĕртнĕ. Автобус линийĕсем тата çулсем тунă. Нумай ялсенче больницăсем туса лартнă. Кашни район центрĕнче ача çуратмалли çурт ĕçлет. Мезекевешра водолечебница тума тытăннă. Районта—икĕ машина-трактор станцийĕ. Вĕсем производствăллă çĕрĕç кооперативĕсене уй-хир ĕçĕсене иртгерме пулăшса тăраççĕ.

## Китайра çуракине хатĕрленеççĕ

ПЕКИН, мартăн 19-мĕшĕ. (ТАСС). «Женьминьжибао» хаçат Китайри хресченсем çуракине активлă хатĕрленни çинчен пĕлтерет.

Кăçал вăйлă тырпул çитĕнтерес тесе, çĕршыври мĕнпур районсенче хресченсем удобренисем хатĕрлес, кивĕ каналсене тасатас тата çĕнĕ каналсемпе çăлсем тăвас, паха вăрлăх хатĕрлес тата çурхи суха ĕçĕсене ăнăçлă иртерес тĕлĕшпе активлă ĕçлеççĕ.

Сычуань провинцийĕнчи чылай районсенчи хресченсем удобрени пухса çитернĕ, халĕ çурхи сухана тытăннă.

Юньнань провинцийĕнчи районсенче хресченсем уй-хирсене ялхуçалăхне сиен кÿрекен хурт-кăпшанкăсенчен тасатаççĕ. Кăçал вĕсем иртнĕ çулхинчен виçĕ хут ытларах удобрени хатĕрленĕ.

Кооперативсем хресченсене удобренисем, ялхуçалăх машинисем нумай сутаççĕ. Халăх банкĕсем çĕре шăвармалли сооруженисем юсама, удобренисем туянма, çĕнĕ ялхуçалăх машинисемпе ĕç вырăхĕ сутăн илме кивçен укçа пама тытăннă.

## КИТАЙПА ПАКИСТАН ХУШШИНЧЕ ТУНĂ СУТУ-ИЛУ КИЛĔШĔВЕ

ПЕКИН, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви çапла пĕлтерет: çак кунсенче Карачи хулинче Китай Халăх Республикин Центральнăй халăх правительствипе Пакистан правительстви хушшинче Китая çĕр мамăкĕ сутасси çинчен тата Пакистана çĕр кăмрăкĕ сутасси çинчен килĕшÿ тунă.

# КЛЕМЕНТ ГОТВАЛЬД

## Чехословаки халăхĕ хăйĕн çулпуçĕпе сывпуллашать

ПРАГА, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Паян ирхине 6 сехетрен пуçласа ĕççыннисене республика президенчĕпе Клемент Готвальдпа сывпуллашма Прага Кремлĕн Испански залне каллех уçнă. Залра чĕрĕ чечек çыххисем нумай.

Ĕççыннисен çĕнĕрен те çĕнĕ йышлă делегацийĕсем килсе тăраççĕ. Çĕршыври мĕнпур заводсем, шахтăсем, фабрикăсем, стройкăсем, учрежденисем чечек кăшăлĕ хума хăйсен делегацийĕсене суйласа янă. Çакă вăл пĕтĕм халăх хурлăхне кăтартса парать.

Республика президенчĕн канцелярийе, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитетне тата правительство ячĕпе рабочисенчен, хресченсенчен телеграммăсемпе çырусем нумай пыраççĕ. Рабочисемпе хресченсем хăйсен çырăвĕсенче Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕпе правительствăна готвальдла пилĕкçуллăха тултарас, социализм тăвас тĕлĕшпе хăйсен пĕтĕм вăйĕсене парса ĕçлеме пулни çинчен шантарса калаççĕ.

## Клемент Готвальда пытарма Прагăна Совет Союзĕн правительство делегацийĕ пырса çитнĕ

ПРАГА, мартăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословаки республикин президентне Клемент Готвальда пытарма Совет Союзĕн правительство делегацийĕ Прагăна пырса çитнĕ. Делегацире СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн пĕррремĕш заместителĕ Маршал Н. А. Булганин (делегаци пуçлăхĕ), ĕççынни депутачĕсен Мускав хула Совечĕн председателĕ М. А. Яснов, Н. М. Пегов, генерал-лейтенант А. З. Кобулов.

Руза аэродромĕнче Совет делегацине Чехословаки правительствин членĕсем, премьер-министр Антонин Запотоцкипе пĕрле, Чехословакири Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн секретарĕсем, Наци пухăвĕн председателĕ Ольджих Йон тата унăн заместителĕсем, Совет Союзĕн Чехословакири посольствин сотрудникĕсем А. Е. Богомолов посолпа пĕрле, Китай Халăх Республикин Чехословакири посольствин сотрудникĕсем Тань Силинь посолпа пĕрле кĕтсе илнĕ.

Совет делегацине кĕтсе илнĕ чухне хисеплĕ хурал тăратнă. Чехословакипе СССР государство гимнĕсене каланă.

## *Польша правительстви Клемент Готвальд ятне ĕмĕр асăнмалла тăвасси çинчен йышăннă постановлени*

ВАРШАВА, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Польша Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕ Чехословаки Республикин Президенчĕ тата Чехословакири Коммунистсен партийĕн Председателĕ Клемент Готвальд ятне ĕмĕр асăнмалла тăвасси çинчен постановлени йышăннă. Еленей Гур хулинчи вискоза тăвакан комбината Клемент Готвальд ятне панă. «Эминенция» шахтăна «Готвальд» шахти тесе ят панă. Польшăн суту-илу флочĕн «Барта» ятлă типĕс кăрабутне «Президент Готвальд» тесе ят панă.

## Чехословаки Республикин Президенчĕ тата Чехословакири Коммунистсен партийĕн Председателĕ КЛЕМЕНТ ГОТВАЛЬД вилнĕ пирки Совет Союзĕнчи партипе обществăллă организацисем, государствăпа культура учрежденийĕсем хурланса пĕлтерни

Мартăн 16-мĕшĕпе 17-мĕшĕнче Чехословаки Республикин Посольствине пырса, Чехословаки Республикин Президенчĕ тата Чехословакири Коммунистсен партийĕн Председателĕ Клемент Готвальд вилнĕ пирки хурланни çинчен Совет Союзĕнчи партипе обществăллă çак организацисемпе государствăпа культура учрежденийĕсен делегацийĕсем пĕлтернĕ:

КПСС Мускав хула комитечĕпе ĕççынни депутачĕсен Мускав Совечĕ, мире хÿтĕлес тĕлĕшпе ĕçлекен Совет Комитечĕ, ВЦСПС Президиумĕ, СССР Наука академийĕ, искусство работникĕсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, РСФСР Çутĕç министерстви, металлурги промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, фашизма хирĕç кĕрешекен совет хĕрарăмĕсен комитечĕ, машиностроени промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, Совет Союзĕнчи славянсен Комитечĕ, профсоюзсен Мускав облаçĕпе, Мускав хула Совечĕсен президиумĕ, атă-пушмак тата тир-сăран промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, полиграфи производствипе пичет работникĕсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, хими промышленноçĕнчи профсоюзсен Центральнăй Комитечĕ, Сталин ячĕпе тăракан автозавод коллективĕ, автомобильпе трактор промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, строительство материалĕсем тăвакан промышленноçри рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, «Трехгорная мануфактура» комбиначĕн коллективĕ, пир-авăр промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, «Серп и молот» завод коллективĕ, коммунальнăй хуçалăхра ĕçлекен рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, Электрозавод коллективĕ, политикăпа çутĕç учрежденийĕсенче ĕçлекен работниксен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, урăх çĕршывсемпе культурăллă çыхăну тытакан Пĕтĕм Союзри общество, тулашри суту-илу работникĕсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, государство суту-илу работникĕсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, фашизма хирĕç кĕрешекен совет çамрăкĕсен комитечĕ, совет писателĕсен Союзĕ, государство учрежденийĕсенче ĕçлекен работниксен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, Мускав университечĕ, аслă шкулсемпе наука учрежденийĕсенче ĕçлекен работниксен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, Ленин ячĕпе тăракан Çарпа Политика Академийĕ, Тимирязев ячĕпе тăракан Ялхуçалăх академийĕ, медицина работникĕсен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, хут промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, йывăç каскалакан промышленноçри рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, Государство Академи Пысăк театрĕ, нефть промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ, Мускаври художествăллă Академи театрĕ, совхозсенчи рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕ. (ТАСС).

## Прагăна Китай правительствин делегацийĕ пырса çитнĕ

ПРАГА, мартăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Паян Прагăна Чехословаки республикин президентне Клемент Готвальда пытарма Китай Халăх Республикин правительство делегацийĕ пырса çитнĕ. Делегацие Государство Административ Совечĕн премьерĕ тата Китай Халăх Республикин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Чжоу Энь-лай ертсе пырать.

Чжоу Энь-лай тата делегацие кĕтсе илнĕ Чехословаки республикин премьер-министрĕ Антонин Запотоцкий хисеплĕ хурал умĕнчен иртсе пынă хыççăн, Чехословакипе Китай Халăх Республикин государство гимнĕсене каланă.

## Венгри Министрĕсен Совечĕ йышăннă постановлени

БУДАПЕШТ, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Венгри Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕ мартăн 19-мĕшне—Чехословаки Республикин Президентне Клемент Готвальда пытарнă куна—траурлă кун тесе пĕлтерме тата обществăллă çуртсем çине траурлă ялавсем кăларса çакма йышăннă.

## Румынире мартăн 19-мĕшне траурлă кун тесе пĕлтернĕ

БУХАРЕСТ, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Румынири телеграф агентстви çапла пĕлтерет:

Румыни Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕ мартăн 19-мĕшне—Чехословаки Республикин Президентне пытарнă куна—траурлă кун тесе пĕлтерме тата обществăллă çуртсем çине траурлă ялавсем çакма йышăннă.

## БОЛГАРИ ХАЛĂХ РЕСПУБЛИКИН МИНИСТРĔСЕН СОВЕЧĔ ЙЫШĂННĂ РЕШЕНИ

СОФИЯ, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Болгари Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕ Чехословаки Республикин Президентне Клемент Готвальда пытарнă куна — мартăн 19-мĕшне—траурлă кун тесе пĕлтерме тата траурлă ялавсем кăларса çакма йышăннă.

## Албанире—траур

ТИРАНА, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Албани Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕ Чехословаки республикин президентне Клемент Готвальда пытарнă куна—мартăн 19-мĕшне—траурлă кун тесе пĕлтерме йышăннă.

## КЛЕМЕНТ ГОТВАЛЬД ЮЛТАШ ВИЛНĔ ПИРКИ МОНГОЛИ ХАЛĂХĔ ХУРЛАНАТЬ

УЛАН-БАТОР, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Монголири Революцилле Халăх Партийĕн Центральнăй Комитетне республикăн мĕнпур кĕтесĕсенчен Чехословаки Президенчĕ Клемент Готвальд вилнĕ пирки хурланса рабочисем, аратсем тата интеллигенци çырнă çырусем килсе тăраççĕ.

Предприятисенче, учрежденисенче, аслă шкулсенче, çар чăсĕсенче, аратсем куçса çÿрекен вырăнсенче траурлă митингсем пулса иртеççĕ. Митингсенче йышăннă резолюцисенче Монголи халăхĕ Совет Союзĕ ертсе пыракан мир, демократи тата социализм лагерьне тĕреклетсе пыма сăмах парать.

Монголи Халăх Республикин Министрĕсен Совечĕ Клемент Готвальда пытарнă куна—мартăн 19-мĕшне — республикăри траурлă кун тесе пĕлтерме йышăннă.



Мускав. ССР Союзĕнчи тата урăх çĕршывсенчи халăхсем Иосиф Виссарионович Сталин патне ярса панă парнесен выставкине траур кунĕсенче пиншер çын пырса курнă.

Укерчĕк çинче: Чехословакири халăхсем ярса панă парнесене вырнаçтарнă залра.

В. ЕГОРОВПА В. САВОСТЬЯНОВ фотоÿкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).



Вена хулинчи (Австри) Шенбруннер Шлосcштрассе урамĕнчи 30-мĕш çуртра 1913 çулта И. В. Сталин пурăннă. Кунта вăл «Марксизм тата наци ыйтăвĕ» ятлă чаплă произведени çырнă. Çав çурт патĕнче И. В. Сталина асăнса митинг иртгернĕ. Çурт çине çапса хунă асăнтару хăми патне чечек кăшăлĕсем питĕ нумай хунă.

Укерчĕк çинче: Вена хулинче пурăнакансем хурлăхлă митингра.

(ТАСС фотохроники).

# ООН Генеральнăй Ассамблейин VII-мĕш сессийĕ

*Мартăн 17-мĕшĕнчи пĕрлехи лару*

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер ООН Генеральнăй Ассамблейин пĕрлехи ларăвĕ пулнă. Ассамблейăн ытларахăшĕ, сӳтсе явмасăрах, Греци жалоби тăрăх Политикăллă комитет йышăннă резолюци проектне çирĕплетнĕ. Çак резолюци Генеральнăй Ассамблея председательне Греци çар çыннисене «тытса чаракан» государствăсен правительствисемпе консультаци тума сĕнет.

СССР, Польша, УССР, Чехословаки, БССР делегацийĕсем çак резолюци проектне хирĕç сасăланă, мĕншĕн тесен çак жалобăна Генеральнăй Ассамблейăра пăхса тухма тăратни вăл вырăнсăр япала. Инди делегачĕ сасăлама тытăнса тăнă.

Çакăн хыççăн Генеральнăй Ассамблейăн ытларахăшĕ, çавăн пекех нимĕн сӳтсе явмасăр, Политикăллă комитетра коллективлă мероприятисен комитечĕн доклачĕ тăрăх йышăннă резолюци проектне çирĕплетнĕ. СССР, УССР, БССР, Польша тата Чехословаки представителĕсем çак резолюци проектне хирĕç сасăланă. Индипе Индонези представителĕсем нихăш майлă та сасăламан.

Сасăланă хыççăн СССР представителĕ В. А. Зорин çак сăмах илсе çапла каланă:

Совет делегацийĕн шухăшĕ тăрăх, Хăрушсăрлăх Совечĕн тулашĕнче ĕçлесе мар, Хăрушсăрлăх Советĕнче пĕрлĕхлĕ пулса ĕçленипе, устава пăсса мар, ООН уставĕ хушнă пек ĕçлесе кăна коллективлă хăрушсăрлăха тĕреклетме пулать.

Зорин çапла каланă: 11 государство — коллективлă мероприятисен комитетне хутшăннă государствăсем — тăратнă резолюци çак требованисене хирĕç пынă пирки Совет делегацийĕ çак резолюцине килĕшме пултарайман, çавăнпа та вăл ăна хирĕç сасăланă.

# Корейăри ĕçсем

## ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, мартăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем Америкăпа Англи интервенчĕсене тата Ли Сын Ман çарĕсене хирĕç артиллерирен персе çапăçнă.

Тăшман самолечĕсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ.

ПХЕНЬЯН, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ паян çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен соединенийĕсем фронтăн пĕр участокĕнче Америкăпа Англи интервенчĕсене хирĕç артиллерирен персе çапăçнă. Халăх çарĕн чаçĕсем çĕршывăн хĕвелтухăç сыранĕнче тăшман тральщикне путарнă.

Мартăн 17-мĕшĕпе 18-мĕшĕ хушшинче çĕрле Америка бомбардировщикĕсем Кăнтăр Синьыйчжу хули çине тепĕр хут тискеррĕн тапăннă. Хĕрарăмсем, ачасем тата стариксем хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай.

Зенитнăй чаçсемпе тăшман самолечĕсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 4 самолетне персе ӳкернĕ.

## Америка авиацийĕ Корея хулисемпе ялĕсем çине çаплах тискеррĕн тапăнать

ПХЕНЬЯН, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Америка авиацийĕ çаплах Корейăри мирлĕ хуласемпе ялсем çине тискеррĕн тапăнать. Паян кăнтăрла Америка самолечĕсем Кăнтăр Пхенан провинцийĕнчи Кансо уездĕнчи район çине тапăннă. Америкăн йывăр бомбардировщикĕсем Пхеньян районĕ çине хаяррăн тапăнаççĕ. Мартăн 7-мĕшĕпе 8-мĕшĕ хушшинче çĕрле Америкăн 8 «вĕçекен крепоçĕ» Чильгири тата Пальгори кварталĕсем çине çĕршер бомба пăрахнă. Мирлĕ халăх хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай, вăл шутра хĕрарăмсемпе ачасем 120 çын вилнĕ. Мартăн 14-мĕшĕпе 15-мĕшĕ хушшинче çĕрле Америкăн «вĕçекен крепоçĕсем» Кăнтăр Пхенан провинцийĕнчи Тэдон уездĕнчи мирлĕ ялсем çине тепĕр хут тапăннă. Вилнисемпе аманнисем нумай.

Паян Корейăри тĕп телеграф агентстви Америка самолечĕсем мартăн 14-мĕшĕнче Хамхын хули таврашĕнчи мирлĕ ялсем çине хаяррăн тапăнни çинчен пĕлтерет. Мартăн 14-мĕшĕнче ирхине Америкăн 16 самолечĕ хресченсем ĕçлекен уй-хирсем çине 150 бомба ытла пăрахнă. Аялтан вĕçсе пырса, Америка самолечĕсем убежищĕсене тарса пытанма чупакан хĕрарăмсемпе ачасем çине пенĕ. Мирлĕ халăх хушшинче вилнисемпе аманнисем нумай. Хресченсен çурчĕсене нумайăшне ишĕлтернĕ, çунтарса янă. Çавăн пекех пĕр вăтам шкул çурчĕ çунса кайнă.

## ДАНИ САЛТАКĔСЕНЕ СУД ТУНИ

КОПЕНГАГЕН, мартăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). «Берлингске тиденде» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Хэдерслев хулинчи суд çар службин срокне тăсмалла тунине хирĕç протестлесе нумаях пулмасть çĕршывра иртгернĕ массăллă демонстрацисене хутшăннă 6 салтак пирки ĕнер приговор йышăннă. Çак салтаксене 6 уйăхран пуçласа 10 уйăха çитиччен тĕрмене хупмалла тунă.

Суд решенийĕ Дани халăхне тарăхтарать. Данири хаçатсен редакцийĕсене профсоюз организацийĕсемпе уйрăм граждансем протестлесе çырнă çырусем пыраççĕ.

## АМЕРИКА ГОМИНДАНОВЕЦСЕНЕ ПУЛĂШАТЬ

НЬЮ-ЙОРК, мартăн 18-мĕшĕ. (ТАСС). Ассошиэйтед Пресс агентствин корреспонденчĕ Тайбейран пĕлтернĕ тăрăх, Чан Кай-ши çумĕнчи Америка çар советникĕсен ушкăнĕн начальникĕ генерал-майор Чейз доклад пичетлесе кăларнă. Унта çапла каланă: кăçалхи январĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа Пĕрлешӳллĕ Штатсем гоминдановецсене çар пулăшăвĕ парасси чылай ӳснĕ. США халех ĕнтĕ 1953-мĕш финанс çулĕнче çар пулăшăвĕ пама палăртнинчен виçĕ пайĕран икĕ пайне панă.

Докладра çавăн пекех январьпе февраль уйăхĕсенче Формозăна 23 пăрахутпа самолетсем, тупăсем, пулеметсем, боеприпассем, автомобильсем, бронемашинăсем тата техникăллă оборудовани турттарса пынине палăртнă.

Докладра малалла Пĕрлешӳллĕ Штатсенче Чан Кай-ши валли сывлăш-çарпа çуран çар вăйĕсен офицерĕсем 400 çынна яхăн вĕрентсе хатĕрлени çинчен каланă. 1953 çулта тата 900 гоминдан офицерĕсене вĕрентсе хатĕрлеççĕ. Вĕсенчен виçĕ пайĕран пĕр пайĕ США-на пырса çитнĕ. Чейз Формоза çинче вăрçă ĕçне хатĕрленессине вăйлатма сĕнет тата Чан Кай-ши патĕнче службăра тăракан Америка офицерĕсен шутне ӳстерме чĕнет. Хальхи вăхăтра Чан Кай-ши патĕнче Америка офицерĕсемпе салтакĕсем 760 çын ытла службăра тăраççĕ.

# Хастарлă хĕрарăмсем

ВĂРНАР. Хрущев ячĕпе тăракан колхозра тава тивĕçлĕ колхозницăсем сахал мар. Колхоз ĕçне хастарлă хутшăнса пысăк çитĕнӳсем тăвакан колхозницăсен йышĕ ӳссех пырать.

Ульяна Галкина пиллĕкмĕш çул доярка пулса ĕçлет. Иртнĕ çулта вăл 13 ĕне пăхнă, кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.700 литр ытла сĕт суса илнĕ. Кăçал Галкина юлташ кашни ĕнерен 2.000-шер литр сĕт суса илме сăмах панă. А. Васильева доярка та ĕçре пысăк çитĕнӳсем тунă.

А. Игнатьева 10-мĕш çул ĕнтĕ çамрăк пăрусене пăхать. Хăйĕн ĕçне вăл чунтан юратса тăвать, çамрăк пăрусене пурне те сывă çитĕнтерме тăрăшать. Лайăх ĕçленĕшĕн Игнатьева юлташа хушса тӳлемелли йĕрке тăрăх пăру панă.

А. Козлова конюх çинчен колхозра ăшă кăмăлпа калаçаççĕ. Вăл конюх пулса 12 çул хушши ĕçлет. Козлова юлташ пăхакан лашасем яланах мăнтăр, тихасем те лайăх çитĕнеççĕ. Козлова юлташ хăйĕн пĕлĕвне ӳстерме тăрăшать, виççĕмĕш çул ĕнтĕ зоотехника кружокĕнче вĕренет.

Нумай хĕрарăмсем фабрикăсемпе заводсенче ĕçлеççĕ. Хастарлă колхозницăсем Е. Яковлева, А. Зубова юлташсем паллă стахановкăсем пулса тăчĕç. Вĕсем тăваттăмĕш çул ĕнтĕ Мускаври кирпĕч заводĕнче ĕçлеççĕ. Стахановкăсем ĕç нормине чылай иртгерсе тултарни çинчен, уйăхне 700—800 тенкĕ ĕçлесе илни çинчен çырса пĕлтереççĕ.

Производствăра тухăçлă ĕçлеме лайăх условисем туса панăшăн хĕрарăмсем партипе правительствăна пĕтĕм чĕререн тав тăваççĕ.

И. СТЕПАНОВ.

## Ăмăртура мала тухнă

Чăвашполиграфиздат Управленийĕ тата полиграфи промышленноçĕпе пичет работникĕсен профсоюзĕн обкомĕ Чăвашкниготорг магазинĕсен коллективĕсем февраль уйăхĕнче социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухнă. Ăмăртура Етĕрнери кĕнеке магазинĕ мала тухнине палăртнă. Магазин коллективне куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялав панă.

Книготоргăн Етĕрнери магазинĕ (заведующийĕ Карымова юлташ) февраль уйăхĕнче тавар çаврăнăш планне 136 процент, вăл шутра ваккăн сутмалли плана 180 процент тултарнă.

Вăрмар, Сĕнтĕрвăрри, Етĕрне, Çĕмĕрле, Чкаловски, Çĕрпӳ, Октябрьски районĕсенчи тата Канашпа Шупашкар хулисенчи кĕнеке магазинĕсем февраль уйăхĕнчи плана иртгерсе тултарнине палăртнă.

## Панă сăмаха пурнăçланă

СЕНТЕРВАРРИ. «Коммунизм» ялхуçалăх артелĕн членĕсем, республикăри ытти малта пыракан колхозсенчи колхозникĕсемпе пĕрле, вăрман хатĕрлемелли плана тултарса çитермелли стахановла уйăхлăх иртгерес ĕçе пуçаракансем пулчĕç.

Вĕсем плана срокчен тултарас тĕлĕшпе панă сăмаха чыслăн пурнăçа кĕртрĕç. Вăрманта И. Иванов колхозник ертсе пыракан бригада пысăк çĕкленӳпе ĕçлерĕ.

М. ТИТОВ.

# ПĔЛТЕРНИ

Мартăн 20-мĕшĕнче, 18 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче парти историне вĕренмелли кружоксен (пĕрремĕш тата иккĕмĕш çул ĕçлекеннисен) руководителĕсен семинарĕ пулать.

Семинар руководителĕ—Л. Д. Эльбов юлташ.

КПСС ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

# Бельги халăхĕ аслă Сталин ятне чĕрере тытать

БРЮССЕЛЬ, мартăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Мартăн 15-мĕшĕнче Брюссельри илемлĕ искусствăн дворецĕнче Иосиф Виссарионович Сталина асăнса пуху иртгернĕ. Пухăва Бельгипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществи организациленĕ.

Пухăва пынисем Иосиф Виссарионович Сталин ятне ура çине тăрса асăннă. Çавăн пекех вĕсем Чехословаки республикин президенчĕ Клемент Готвальд ятне ура çине тăрса чыс тунă.

Бельгипе Совет Союзĕн государство гимнĕсене каланă хыççăн, Иосиф Виссарионович Сталин пурнăçĕпе ĕçĕсем çинчен Бельгипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин председателĕ Фернан Жакмотт доклад туса панă.

## Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палатипе çĕрсен палатин пĕрлехи ларăвĕ

БЕРЛИН, мартăн 17-мĕшĕ. (ТАСС). Берлинра тухса тăракан демократиллĕ хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, 1953 çулхи мартăн 20-мĕшĕнче Демократиллĕ Германи Республикин Халăх палатипе çĕрсен палатин пĕрлехи ларăвĕ пулать. Çак ларура нимĕçсен пĕрлĕхшĕн, миршĕн, ирĕклĕхшĕн кĕрешекенсене пĕрлештерекен юхăмăн совечĕн сĕнĕвĕсене сӳтсе явмалла. Ку сĕнӳсем Боннпа Парижра алă пуснă договорсене хирĕç кĕрешме чĕнеççĕ.

Демократиллĕ Германи Республикин халăх представительствин аслă органĕсем çак ларура Германие мирлĕ майпа пĕрлештермелли ĕçсем çинчен сӳтсе яваççĕ.

# Монтевидеори хурлăхлă митинг

МОНТЕВИДЕО, мартăн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Монтевидео хулинчи муниципалитет площадĕнче Иосиф Виссарионович Сталина асăнса хурлăхлă митинг пулса иртнĕ. Уругвайри Коммунистсен партийĕн Наци комитечĕ иртгернĕ çак митингра темиçе пин çын пулнă. Мĕнпур профсоюзсемпе прогрессивлă организацисен тата районсен представителĕсем митинга Сталин юлташăн портречĕсене çĕклесе пынă. Вĕсем çине Уругвай халăхĕ чĕререн хурланни çинчен калакан сăмахсем çырса хунă. Иосиф Виссарионович Сталинăн трибуна çине вырнаçтарса лартнă портречĕ умне делегацисем чечек çыххисем хунă. Профсоюз организацийĕсем, Уругвай халăхĕ совет халăхĕпе пĕрле хурланни çинчен палăртса, пиншер рабочисем алă пуснă çырусене илсе пынă.

Митингра Уругвайри Коммунистсен партийĕн генеральнăй секретарĕ Эухенио Гомес сăмах тухса каланă. Аслă Сталин вилни, тенĕ вăл, пĕтĕм Уругвай халăхне чĕререн хурлантарчĕ. Çĕршыври пур хуласенче те хурлăхлă митингсем пулса иртрĕç. И. В. Сталин вилни çинчен пĕлсен, строительсем, металлургсем, трамвайпа автобус паркĕсенче ĕçлекен рабочисем тата ыттисем те темиçе минутлăха ĕçе чарса лартнă.

Малалла Гомес Совет Союзĕнчи Коммунистсен партине Сталин юлташ Ленинпа пĕрле туса хуни çинчен, Октябрьти Социализмлă Аслă революци тунă чухне, граждан вăрçи çулĕсенче ют çĕршыв интервенчĕсемпе белогвардеецсене çĕмĕрсе тăкас ĕçре Сталин юлташ пысăк вырăн йышăнса тăни çинчен, çавăн пекех тата Сталин юлташ социализмăн гениллĕ строителĕ, тĕнчери иккĕмĕш вăрçă вăхăтĕнче аслăран та аслă полководец пулни çинчен каласа панă.

## Болгарире наукăпа техника работникĕсен союзĕн иккĕмĕш съезчĕ уçăлнă

СОФИЯ, мартăн 16-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер София хулинче Болгарири наукăпа техника работникĕсен пĕрлĕхлĕ союзĕн иккĕмĕш съезчĕ уçăлнă. Çак союз инженерсемпе техниксене, архитекторсемпе геологсене, рационализаторсемпе изобретательсене пĕрлештерсе тăрать.

Съезда пухăннисем пĕтĕм тĕнчери ĕççыннисен гениллĕ çулпуçĕпе учительне И. В. Сталина асăнса виçĕ минутлăха ура çине тăрса чыс тунă. Çавăн пекех вĕсем Чехословаки халăхĕн çулпуçĕн Клемент Готвальдăн ятне асăннă.

Съездра союзăн главнăй секретарĕ Ивайло Виденов отчетлă доклад туса панă.

Докладчик Болгарири инженерсемпе техниксем çĕршыва индустриализацилес тата пĕрремĕш пилĕк çуллăх плана срокчен тултарас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса иртгернине палăртнă. Вăл çавăн пекех тата çĕршыври инженерсемпе техниксем умĕнче Совет Союзĕнчи малта пыракан ĕç меслечĕсене вĕренес тата Болгари промышленноçĕнчи стахановецсемпе ударниксен ĕç опытне сарас тĕлĕшпе тăракан задачăсем çинчен каласа панă.

# Чăваш чĕлхине вĕрентес ĕçе лайăхлатмалла

Сталин юлташ чĕлхе çинчен вĕрентнине никĕсе хурса, республикăри чылай шкулсем вырăс тата чăваш чĕлхисене вĕрентес ĕçе лайăхлатрĕç. Учительсенчен нумайăшĕ вĕренекенсене грамматикăпа тарăн пĕлӳ парассишĕн, ачасене чăваш литератури чĕлхине лайăхрах вĕрентессишĕн, грамматика тата литература урокĕсенче вĕсене коммунизмла воспитани парассишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшса ĕçлеççĕ, уроксене пысăк пахалăхпа иртгереççĕ.

Сăмахран, Чăваш АССР шкулĕсен тава тивĕçлĕ учителĕ В. С. Антонов (Первомайски районĕнчи Çĕньялти 7 çул вĕренмелли шкул), С. Ç. Ашмарин (Тăвай районĕнчи Кармалти 7 çул вĕренмелли шкул), А. П. Петрова (Чурачăк районĕнчи Чăрăшри 7 çул вĕренмелли шкул), М. Х. Кольцова (Чурачăк районĕнчи Шуркассинчи 7 çул вĕренмелли шкул), Г. Г. Липатова (Октябрьски районĕнчи Шĕнерпуçĕнчи вăтам шкул), А. А. Александрова (Калининăри вăтам шкул) юлташсем уроксене тĕплĕн хатĕрленсе, теорипе идея тĕлĕшĕнчен çӳлĕ пусăмра тата педагогика практикин принципĕсене çирĕп пăхăнса иртгереççĕ. Вĕсем, грамматика правилисене ачасем лайăх ăнланса илччĕр тесе, тĕрлĕ çыру ĕçĕсем вăхăтра тата çителĕклĕ иртерме тăрăшаççĕ, йăнăшсене тĕпчесе палăртассине пысăк вырăна хурса ĕçлеççĕ, уроксенче наглядлăй пособисемпе усă кураççĕ, грамматика урокĕсемпе литература вулавĕн урокĕсене пĕр-пĕринпе сыхăнтараççĕ. Чăрăшри шкулти А. П. Петрова учительница уроксене иртернĕ чухне тĕрлĕрен методикăллă меслетсемпе пĕлсе усă курать, çĕнĕ темăна ăнлантарнă чухне калаçăва ачасене ытларах хутшăнтарать, çĕнĕ материала çирĕплетме ачасене çырма хăнăхмалли ĕçсем ытларах парать, вĕсен киле панă заданисене хатĕрлемелли тетрачĕсене вăхăтра тĕрĕслет.

Чылай шкулсенче литература кружокĕсем лайăх ĕçлеççĕ. Первомайски районĕнчи Çĕньялти 7 çул вĕренмелли шкулти В. С. Антонов учитель ачасене кĕнекене юратма вĕрентет. Вăл чăваш чĕлхине вĕрентес енĕпе класс тулашĕнчи ĕçе тĕрĕс йĕркеленĕ. Чурачăкри вăтам шкулти П. А. Архипов учитель, чăваш писателĕн Д. Исаевăн произведенийĕсене вĕрентнĕ май, 7-мĕш класри ачасемпе районти типографире экскурсире пулнă. Ишлейри вăтам шкулти У. А. Алексеева, С. С. Ярославцева учительницăсем Л. Агаковăн «Ылтăн вăчăра» произведенийĕ тăрăх вулакансен конференцине иртгернĕ. Кун пек тĕслĕхсене татах та илсе кăтартма пулать.

Анчах та тăван чĕлхепе литературăна вĕрентес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Вĕренӳ çулĕн пĕррремĕш çур çулĕнче вĕренекенсем чăваш чĕлхин грамматикипе литературине çителĕксĕр пĕлни,—вĕсен çыру чĕлхи япăххи палăрчĕ. Советски районĕнчи Мăн Чурашри вăтам шкулта, Тăвай районĕнчи Нăрваш вăтам шкулĕнче, Октябрьски районĕнчи Хуракасси вăтам шкулĕнче чăваш чĕлхипе «2» тата «1» паллăсем илнĕ ачасем йышлă. Хуракасси вăтам шкулĕнчи А. И. Зорина, Д. П. Сенькова, П. С. Сергеев учительсем чăваш чĕлхи урокĕсене тĕплĕн хатĕрленсе иртгермеççĕ. Вĕсем çĕнĕ материала ăнлантарма 6—8 минут çеç хăвараççĕ, урокра çĕнĕрен вĕреннине çирĕплетме, киле паракан ĕç çинчен ăнлантарма пачах вăхăт хăвармаççĕ. Уйрăм шкулсенче вара чăваш литературипе сочиненисем иртгермеççĕ, сочиненисене план тăрăх çырма вĕрентмеççĕ. Вăрнар районĕнчи Хапăсри çичĕ çул вĕренмелли тата Чурачăк районĕнчи Чурачăкри вăтам шкулсенче V—VII-мĕш классенче сочиненисем иртгерессине, VIII—X-мĕш классенче класри сочиненисем тата диктантсем иртгерес ĕç çине çиелтен пăхаççĕ, çыру ĕçĕсене тĕрĕсленĕ чухне чылай йăнăшсене тӳрлетмесĕр хăвараççĕ.

Чăваш чĕлхин методикине кирлĕ таран пĕлмен учительсем те пур. Çакă вăл шкулсенче грамматика правилисене çирĕппĕн ăнланса илме чи усăллă хăнăхтарусем, грамматикăлла разбор, тĕрлĕ çыру ĕçĕсем иртерме пĕлменнинчен, уроксенче словарьпе ĕçлессине çителĕксĕр туса пынинчен, çырма йывăр сăмахсен словарьне тума хушманнинчен тата ытти çавăн пек çитменлĕхсенчен курăнать. Малтан вĕреннине аса илес тата ачасен пĕлĕвĕсене шута илес ĕçсене лайăх йĕркелеменнине, вĕренӳре ĕлкĕрсе пыман ачасене çителĕклĕ пулăшу паманнине чылай шкулсенче курма пулать.

Тăван чĕлхене вĕрентекенсенчен хăшпĕрисем наглядлăй пособисемпе сахал усă кураççĕ. Çак çитменлĕх çинчен асăрхаттарсан, вĕсем наглядлăй пособисем çук теççĕ. Вĕсем наглядлăй пособисем туса хатĕрлеме вĕренекенсене хутшăнтармаççĕ, хăйсем те çавăн пек пособисем хатĕрлеме тăрăшмаççĕ. Чăваш литературипе VIII—X-мĕш классенче вулав урокĕсем иртгернĕ чухне хăшпĕр учительсем вуланă произведенисен идейăллă содержанине, сăнарсене, литература теорине тĕплĕн ăнлантарса памаççĕ, çапла вара, пĕтĕмĕшпе илсен, программăри требованисене çителĕклĕ пурнăçласа пымаççĕ.

Чылай шкулсенче вĕренекенсен пĕлĕвĕсене ӳстерес, кĕнекене юратма вĕрентес, ачасен тавракурăмне анлăлатас тĕлĕшпе литература кружокĕсем организациленĕ пулин те, çав кружоксем начар ĕçлеççĕ. Чăваш литератури вечерĕсем, вулакансен конференцийĕсем, литература вăййисем, экскурсисем сахал иртгереççĕ. Алăпа çырса кăларакан литература журналĕсем, альбомсем, литература бюллетенĕсем сайра хутра çеç кăлараççĕ. Вĕренекенсене литература чĕлхипе çырма тата калаçма вĕрентменни — чăваш чĕлхине вĕрентекенсен пысăк çитменлĕхĕ пулса тăрать.

Чăваш чĕлхине вĕрентес ĕçри çитменлĕхсем Чăваш АССР Çутĕç Министерствипе районсенчи çутĕç пайĕсем чăваш чĕлхине вĕрентекенсен ĕçне çителĕклĕ тĕрĕслесе тăманнинчен, вĕсене пулăшса пыманнинчен, малта пыракан учительсен опытне сарас ĕçе йĕркелеменнинчен те килеççĕ. Чăваш чĕлхине вĕрентекенсен шкулсенчи методикăллă комиссийĕсенче методика ыйтăвĕсене, вырăс чĕлхи пирки тухнă методикăллă литературăна сахал сӳтсе яваççĕ. Ку тĕлĕшпе районсенчи педагогика кабинечĕсем çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Сăмахран, Чурачăк районĕнчи чăваш чĕлхине вĕрентекенсен методикăллă пĕрлешĕвĕсем кăçал ку таранччен пĕрре те пухăнман-ха. Шкул директорĕсем библиотекăсене чăваш ача-пăча литературипе пуянлатма тăрăшмаççĕ, юлашки çулсенче тухнă ача-пăча литературин произведенийĕсене вĕренекенсем мĕнле вуланипе интересленмеççĕ.

Шкулсенчи истори, географи, математика, естествознани тата ытти предметсене вĕрентекен учительсем уроксенче чăваш литератури чĕлхин нормисене шута илмесĕр, чăвашла калама май пур сăмахсене хăйсене майлă пăсса, тĕрĕс мар калани, доска çине çырса панă сăмахсемпе предложенисенче хăйсем йăнăшсем туни чăваш чĕлхине вĕрентекенсен кулленхи ĕçĕнче нумай чăрмантарать. Ку çитменлĕхе пĕтермелле. Учительсемпе шкул руководителĕсен шкулсенче орфографипе пунктуаци тата литературăллă калаçу нормисене чăваш чĕлхипе те çирĕп тытса пырас пулать.

Асăннă çитменлĕхсене шута илсе, тăван чĕлхене вĕрентекен учительсен вĕрентӳ пахалăхне лайăхлатмалла, уроксене идейăпа политика тĕлĕшĕнчен çӳлĕ шайра иртгермелле, государство шанса панă хисеплĕ те ответлă ĕçе пĕтĕм чĕререн, юратса, тӳрĕ кăмăлпа туса пымалла.

Д. С. СЕМЕНОВА,
Чăваш АССР Çутĕç министерствин инспекторĕ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ялхуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01042 Типография №1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.